ПӖТӖМ ТӖНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПӖРЛӖШӖР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВӖ

Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Чӑваш обкомӗпе Шупашкар хула комитечӗн тата Чӑваш АССР Верховнӑй Совечӗпе Шупашкар хула Совечӗн хаҫачӗ

1953 ҫул
Июнь
23
ЫТЛАРИКУН
№ 121 (9030)
36-мӗш ҫул тухать.
Хакӗ 20 пус.

**Паянхи номерте:**

РЕСПУБЛИКӐРИ ХУЛАСЕМПЕ РАЙОН ЦЕНТРӖСЕНЧЕ: П. Осипов.—Комсомольски (1 стр.).
Совет заемӗсем (2 стр.).
ПАРТИ ПУРНӐҪӖ: Шупашкар хулинчи парти активӗн пухӑвӗ. И. Волков.—Кадрсемпе ӗҫлессине лайӑхлатмалла (2 стр.).
ХАҪАТСЕНЕ ПӐХСА ТУХНИ: Ҫитменлӗхсене хӑюллӑн критиклемелле (2 стр.).
ҪӖНӖ ПИЛӖКҪУЛЛӐХРИ СТАХАНОВЕЦСЕМ: А. Смирнов.—Колесов меслечӗпе (3 стр.).
ЛАЙӐХ ҪУЛ-ЙӖРШЕН! П. Рунгш.—Юлса пынине пӗтерес пулать (3 стр.).
П. Щипцов.—Вӑрлӑх хуҫалӑхӗ хӑйӗн задачине пурнӑҫламасть (3 стр.).
И. Дмитриев.—Хаҫат-журнал сарас ӗҫе вӑйлатмалла (3 стр.).
Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн сессийӗнче (4 стр.).
Демократиллӗ Германи Республикин Министрӗсен Совечӗн ларӑвӗ (4 стр.).
Корейӑра перемири ҫинчен пыракан калаҫусем пирки Корейӑпа Китай делегацийӗ пӗлтерни (4 стр.).
Корейӑри ӗҫсем (4 стр.).
Америка авиацийӗ Ҫурҫӗр Корейӑри мирлӗ хуласемпе ялсем ҫине ҫаплах тапӑнать (4 стр.).

## Совет стройӗн хӑвачӗ

Совет Союзӗнчи халӑхсем Коммунистсен партийӗ ертсе пынипе хуҫалӑхпа культура строительствинче, социализмла государствӑна малалла тӗреклетес ӗҫре ҫӗнӗ ҫитӗнӳсем туса пыраҫҫӗ.

Коммунистсен партийӗпе Совет правительстви халӑх массисен вӑйне ССР Союзне аталантармалли пиллӗкмӗш пилӗк ҫуллӑх плана пурнӑҫлас ҫулпа илсе пыраҫҫӗ, ӗҫҫыннисен ырлӑхӗшӗн, пирӗн Тӑван ҫӗршыв хӑрушсӑрлӑхӗшӗн тимлӗн тӑрӑшаҫҫӗ.

Миллионшар ӗҫҫыннисен творчествӑлла хастарлӑхӗн, вӗсен куллен ӳссе пыракан активлӑхӗн ҫӑлкуҫӗ советлӑ обществӑпа государство пулать. Производство хатӗрӗсен обществӑлла харпӑрлӑхӗпе хуҫалӑхӑн социализмла системи ҫинче никӗсленсе тӑракан совет стройӗ производство анархийӗнчен, кризиссемпе ӗҫсӗрлӗхрен хӑтӑлнӑ; совет стройӗ производительнӑй вӑйсене тата ӗҫҫыннисен пурнӑҫпа культура шайне тӑтӑшах ӳстерсе пыма май парать.

Совет обществинче эксплуататорла классем тата ҫынна ҫын эксплуатацилени, нацисене пусмӑрлани ҫук. Пирӗн государство рабочи класпа колхоз хресченӗсен никам аркатайми союзӗ ҫинче, ССР Союзӗнчи халӑхсен тӑванла туслӑхӗ ҫинче никӗсленсе тӑрать. Пирӗн обществӑри социаллӑ ушкӑнсем пурте хӑйсен материальнӑй вӑйӗсемпе ӑс-хакӑлӗ пӗрлӗхлӗ пулнипе, вӗсен интересӗсемпе тӗллевӗсем пӗрлӗхлӗ пулнипе пӗтӗҫсе тӑраҫҫӗ. Ҫакӑнта пулать те ӗнтӗ нумай нациллӗ советлӑ государствӑн шалти тӗреклӗхӗн сӑлтавӗ.

Советлӑ обществӑпа государство стройӗн вӑйӗпе никам ҫӗнтерейменлӗхӗ Аслӑ Отечественнӑй вӑрҫӑ ҫулӗсенче уйрӑмах уҫҫӑн палӑрчӗҫ. 1941 ҫулхи июнӗн 22-мӗшӗнче нимӗҫ фашисчӗсем ССР Союзӗ ҫине вӑрӑ-хурахла килсе тапӑнчӗҫ. Вӗсем пирӗн ҫӗре туртса илме, совет влаҫне пӗтерсе хурса помещиксемпе капиталистсене каялла тавӑрма, Совет Союзӗнчи халӑхсен нацилле культурипе нацилле государственноҫне пӗтерсе тӑкма тӗллев тытнӑ пулнӑ.

Пирӗн ҫӗршыв ҫине тискеррӗн тапӑнса, нимӗҫ империалисчӗсем совет стройӗ тӗрексӗр пуласса шаннӑ. Вӗсем ҫапла шутланӑ: тулашран малтанхи хут пырса ҫапнипех рабочисемпе хресченсем хушшинче, ҫавӑн пекех пирӗн ҫӗршыври тӗрлӗ халӑхсем хушшинче те хирӗҫӳсем пуҫланаҫҫӗ, тенӗ. Анчах тӑшман ҫавӑн пек шутлани путланса ларчӗ.

Вӑрҫӑн питех те пысӑк йывӑрлӑхӗсем совет халӑхӗн хурҫӑ пек ҫирӗп ирӗклӗхӗпе хӑюллӑ шухӑш-кӑмӑлне аркатаймарӗҫ, пачах урӑхла, тата та ытларах тӗреклетрӗҫ.

Вӑрҫӑ вутӗнчи тӗрӗслӳре совет обществин моралӗ-политикӑлла пӗрлӗхӗ тӗрекленчӗ, вӑл пӗтӗм йывӑрлӑха чӑтӑмлӑн тӳссе ирттерчӗ тата фашистла захватчиксене хирӗҫ пынӑ кӗрешӳре пирӗн ҫӗршыври мӗнпур совет халӑхӗсен туслӑхӗ пиҫӗхсе ҫирӗпленчӗ.

Коммунистсен партийӗ—совет халӑхӗн ертсе, ҫул кӑтартса пыракан вӑйӗ—пирӗн халӑхсен пӗтӗм вӑйне пӗрлештерсе пӗрлӗхлӗ тӗллеве пурнӑҫлама, тӑшмана ҫапса аркатма мобилизацилерӗ.

Совет государстви экономикӑна аталантарас тата ӑна организацилес тӗлӗшпе малта пынипе, хӑйӗн ҫарӗсен опычӗ, ӑсталӑхӗпе ҫапӑҫури хастарлӑхӗ пысӑк пулнипе, халӑхӑн хӑйӗн тӳсӗмлӗхӗпе пӗрлӗхӗ ҫирӗп пулнипе тӑшманран вӑйларах пулчӗ. Ҫавӑ вара вӑрҫӑ пӗтиччен уҫҫӑн палӑрса тӑчӗ. Вӑрҫӑ урокӗсем ҫакна кӑтартса пачӗҫ: халӑх туса хунӑ тата халӑх хӑватлӑн кӑмӑлласа хисеплекен совет стройӗ тӗнчери чи ҫирӗп строй пулса тӑрать, унӑн пурнӑҫри хӑвачӗ ҫав тери пысӑк.

Совет государствин агрессилле нимӗнле тӗллев те ҫук, пулма та пултараймасть. Вӑл хӑй енчен ытти государствӑсен ӗҫне нимӗнле майпа та хутшӑнмэн тата хутшӑнмасть те. Совет Союзӗн политики халӑхсем хушшинчи мире сыхламалли политика, ҫӗнӗ вӑрҫа хатӗрленсе чӗртсе ярассине хирӗҫ кӗрешмелли политика, пӗтӗм тӗнчери ҫӗршывсем хушшинче туслӑ тата ӗҫлӗ ҫыхӑнусем тытассине аталантармалли политика пулнипе палӑрса тӑрать. Ку политика ҫакна тӗп вырӑна хурать: ҫӗршывсем пӗр-пӗрипе туслӑ пурӑнма килӗшсен, вӗсем хӑйсем илнӗ обязательствӑсене пурнӑҫлама хатӗр тӑрсан, пӗртанлӑх принципне тата ытти государствӑсен шалти ӗҫсене хутшӑнмалла мар текен принципа пурнӑҫлама хатӗр тӑрсан, социализмла системӑпа капитализмла система мирлӗ тата пӗр-пӗрипе килӗштерсе пурӑнма пултараҫҫӗ.

Иккӗмӗш тӗнче вӑрҫи вӑхӑтӗнче ССР Союзӗн, США-н, Англин, Францин Гитлера хирӗҫле коалицийӗ пулса тӑнӑ, ҫав коалици фашистла государствӑсен агрессилле блокне ҫӗнтерчӗ. Гитлерла фашизма тата Япони империализмне хирӗҫ союзниксем пӗрле кӗрешнин опычӗ ҫак факта питех ӗненмелле кӑтартса пачӗ: вӗсен экономикӑпа политика системисем пӗр пек пулмасан та, государствӑсемпе халӑхсем пӗр-пӗрипе туслӑ пурӑнма пултараҫҫӗ.

Хӑйӗн Тӑван ҫӗршывӗн ирӗклӗхӗпе никама пӑхӑнманлӑхне хӳтӗлесе хӑварса, совет халӑхӗ мирлӗ строительство ӗҫне малалла туса пыма тытӑнчӗ. Совет государстви хӑйӗн вӑйӗсемпе майӗсемпех, ют ҫӗршывсен пулӑшӑвӗсӗрех, вӑрҫӑ юхӑнтарнӑ хуҫалӑха юсаса ҫитерчӗ тата ӑна малалла аталантарса, хуҫалӑх ӗҫӗнче вӑрҫӑччен ҫулӗсенче пулнӑ ҫитӗнӳсенчен те иртсе кайрӗ.

Пирӗн ҫӗршыври ӗҫҫыннисем, Коммунистсен партийӗ хавхалантарса ертсе пынипе, вӑрҫӑ хыҫҫӑнхи пилӗкҫуллӑха пурнӑҫлас, ҫапла майпа пиллӗкмӗш пилӗкҫуллӑхра экономикӑпа культурӑна ҫӗнӗрен хӑватлӑн вӑйлатма условисем хатӗрлес тесе, вӑя шеллемесӗр ҫине тӑрса ӗҫлерӗҫ. 1951 ҫулта ССР Союзӗнчи промышленноҫӑн пӗтӗм продукцийӗн шайӗ вӑрҫӑчченхинчен, 1940 ҫулхинчен, икӗ хут ҫурӑ ытларах иртсе кайрӗ. Вӑрҫӑ хыҫҫӑнхи тапхӑрта капитальнӑй строительство пӗтӗм ҫӗршывӗпе анлӑн саралчӗ. 1946—1951 ҫулсенче кӑна государство промышленноҫӗн пысӑк предприятийӗсене ҫичӗ пине яхӑн юсанӑ е ҫӗнӗрен тунӑ.

Коммунистсен партийӗн XIX-мӗш съезчӗ пиллӗкмӗш пилӗкҫуллӑх план тӗлӗшпе йышӑннӑ директивӑсенче ССР Союзӗн халӑх хуҫалӑхне ҫӗнӗрен хӑватлӑн аталантарма тата халӑхӑн материальнӑй пурнӑҫӗпе культура шайне малалла ӳстерме задача лартрӗ. Промышленность туса кӑларакан продукци пилӗкҫуллӑх вӗҫӗ тӗлне, вӑрҫӑчченхи 1940 ҫулхипе танлаштарсан, висӗ хут ӳсмелле.

Промышленноҫа аталантарнипе пӗр вӑхӑтрах партипе правительство ял хуҫалӑхне малалла аталантарасси ҫине, колхоз стройне тӗреклетесси ҫине питӗ тимлӗн пӑхаҫҫӗ, ҫӗршыври мӗнпур колхозсене чечеклентерессишӗн тӑрӑшаҫҫӗ. Мӗнпур ял хуҫалӑх культурисен тухӑҫлӑхне ӳстерсе пырасси, вылӑх-чӗрлӗх йышне ӳстерни хушӑрах унӑн тухӑҫлӑхне ӳстересси — малашне те ял хуҫалӑхӗнчи тӗп задача пулса юлать.

Социализмла производство тӗллевӗ ҫынна мӗн кирлине, пӗтӗм обществӑн пӗрмаях ӳссе пыракан материальнӑй тата культурӑлла ыйтӑвӗсене тивӗҫтерсе пырасси пулать. Хуҫалӑхпа культурӑн мӗнпур отраслӗсем ҫак пархатарлӑ тӗллевпе аталанса пыраҫҫӗ. Совет ҫыннин ырлӑхӗ, халӑха ырӑ пурнӑҫ туса парасси—Коммунистсен партийӗшӗн чи аслӑ закон. Пирӗн ҫӗршывра наци тупӑшӗ тӑтӑшах ӳссе пырать, халӑха куллен кирлӗ таварсен хакӗсем йӳнелеҫҫӗ, рабочисемпе служащисен реальнӑй ӗҫукҫипе колхозниксен тупӑшӗ ӳсет, пурӑнмалли ҫуртйӗрсем тӑвасси тата культурӑпа йӑла строительстви анлӑн сарӑлса пырать.

Капитализм миллионшар ҫынсене ӗҫсӗрлӗхе, чухӑнлӑха, юнлӑ вӑрҫӑсене, йывӑр хӗн-хура кӗртсе ӳкерет пулсан, социализм ӗҫҫыннисене материальнӑй тата культурӑлла ырлӑхсем парать, ҫынсен харпӑр хӑйӗн тата коллективла пуҫарулӑхне ӳстерет, мӗнпур граждансене обществӑлла-политикӑлла пурнӑҫа кулленех активлӑн хутшӑнма условисем туса парать.

Социализм ҫӗршывӗнче обществӑлла пуҫарулӑх ҫӑлкуҫӗ пек тапса тӑрать. Пиллӗкмӗш пилӗк ҫуллӑх плана тултарассишӗн тата ирттерсе тултарассишӗн, ӗҫ тухӑҫлӑхне тӑтӑшах ӳстерессишӗн, туса кӑларакан продукци пахалӑхне лайӑхлатассишӗн, унӑн хӑйне ларакан хакне йӳнетессишӗн пыракан социализмла ӑмӑртура нумай тӗрлӗ ҫӗнӗ меслетсем ҫуралаҫҫӗ.

Пирӗн ҫӗршыври халӑхсене социализмла Тӑван ҫӗршыва хӗрӳллӗн юратни пӗтӗҫтерет. Социализмла нацисен тӑванла туслӑхӗ, вӗсем пӗр-пӗрне пулӑшни экономикӑна тӑтӑшах вӑйлатма, халӑхсен форми енчен нациллӗ, содержани енчен социализмла культурине малалла ӳстерме май парать. Пирӗн ҫӗршыври халӑхсен пӗрлӗхӗпе туслӑхне ҫирӗплетессине, ленинла-сталинла наци политикине пӗр пӑркаланмасӑр пурнӑҫлассине, нумай нациллӗ совет государствине тӗреклетессине парти хӑйӗн чи таса тивӗҫӗ тесе шутлать.

Халӑхсем хушшинчи мир политики пӗртен-пӗр тӗрӗс политика, мӗнпур халӑхсен пурнӑҫри интересӗсене тивӗҫтерекен политика пулать. Совет Союзӗпе пӗрле Китай Халӑх Республики тата халӑх демократи ҫӗршывӗсем пурте ҫак политикӑшӑн тӑраҫҫӗ. Пролетарилле интернационализм принципӗсене тӳррӗн тытса пырса, ССР Союзӗнчи халӑхсем аслӑ Китай халӑхӗпе, халӑх демократи ҫӗршывӗсенчи ӗҫҫыннисемпе, миршӗн, демократишӗн, социализмшӑн кӗрешекен мӗнпур халӑхсемпе туслӑ пурӑнассине тата пӗр-пӗрне пулӑшассине вӑйлатса тӗреклетсе пыраҫҫӗ.

Пирӗн халӑхӑн пӗрлӗхӗ, вӑл Коммунистсен партийӗпе Совет правительствине шанса тӑни Совет государстви вӑйхӑвачӗн тӗрекӗ, пирӗн ҫӗршывра коммунизм строительствин пысӑкран та пысӑк задачисене ӑнӑҫлӑн пурнӑҫламалли никӗс пулса тӑрать.

**(«ПРАВДА» хаҫатӑн июнӗн 22-мӗшӗнчи умстатьинчен).**

# ТӐВАН ҪӖРШЫВРА

### Н. Г. Чернышевский ҫуралнӑранпа 125 ҫул тултарас умӗн

АСТРАХАНЬ, июнӗн 20-мӗшӗ. (ТАСС). Хулари ӗҫҫыннисем Н. Г. Чернышевский ҫуралнӑранпа 125 ҫул тултарнине паллӑ тума хатӗрленеҫҫӗ.

Вырӑссен аслӑ революционер-демократчӗн ячӗ Астрахань хулипе тачӑ ҫыхӑнса тӑрать. Кунта Чернышевский ултӑ ҫул пурӑннӑ, ӑна полицейскисем пӗрмаях сӑнаса тата хӗсӗрлесе тӑнӑ. Н. Г. Чернышевский Астраханьре пурӑннине асӑнса, унӑн ячӗпе тӑракан урамри вӑл пурӑннӑ ҫурт ҫине асӑнмалли хӑма ҫапса хунӑ.

Ӗнер КПСС хула комитетӗнче парти, профсоюз тата комсомол организацийӗсен представителӗсен канашлӑвӗ пулнӑ. Унта Н. Г. Чернышевский ҫуралнӑ куна паллӑ тӑвасси ҫинчен сӳтсе явнӑ.

Облаҫри Крупская ячӗпе тӑракан библиотека коллективӗ Н. Г. Чернышевский произведенийӗсен выставкине хатӗрлет. Районсенчи библиотекӑсемпе аслӑ шкулсенче тата ытти шкулсенче те выставкӑсем организацилеҫҫӗ. Политикӑлла тата наукӑлла пӗлӳсем сарас тӗлӗшпе ӗҫлекен общество отделенийӗ Н. Г. Чернышевский ҫинчен лекцисем ирттерме хатӗрленет.

### Колхозсен магазинӗсем

БОБРУЙСК, июнӗн 20-мӗшӗ. (ТАСС). Облаҫри колхозсем хула пасарӗнче магазинсем уҫнӑ, унта кашни кунах ял хуҫалӑх продукчӗсем кӳрсе пыраҫҫӗ.

Киров районӗнчи «Рассвет» колхозӑн сӗт-ҫу тата аш-какай сутмалли магазинӗсем ӗнер апат-ҫимӗҫ нумай сутнӑ. Ҫултalӑк пуҫланнӑранпа колхоз хӑйӗн магазинӗсем урлӑ хулари халӑха ял хуҫалӑх продукчӗсем 1,5 миллион тенкӗлӗх сутнӑ. Бобруйск районӗнчи Сталин ячӗпе тата Дзержинский ячӗпе тӑракан колхозсен магазинӗсенче те ӗнер халӑх нумай пулнӑ.

### Экзаменсем вӗсленнӗ

Ҫамрӑк рабочисен шкулӗсенчи 10-мӗш классенче экзаменсем июнӗн 20-мӗшӗнче вӗсленнӗ. Ҫак шкулсенче вӗреннӗ 50 пин ҫынна яхӑн аттестат зрелости илеҫҫӗ.

Ҫамрӑк рабочисен шкулӗсенчен 10 ҫул хушшинче 400 пин ҫынна яхӑн вӗренсе тухнӑ. Кашни ҫулах вӗренсе тухакансен йышӗнче ылтӑн тата кӗмӗл медаль илнисем пин ҫын ытла пулаҫҫӗ.

Ҫӗнӗ ҫул пуҫланнӑ тӗле Казахстанра, Пушкӑрт тата Тутар АССР-ӗсенче, Ставрополь крайӗнче, ҫӗршыври тата ытти республикӑсенче, крайсенче тата облаҫсенче ҫамрӑк рабочисен ҫӗнӗ шкулӗсене уҫаҫҫӗ. (ТАСС)

Воронеж хулинче. Хулан тури пайӗнчен анатри пайне тата Воронеж юханшывӗн ҫыранне ҫӳремелли пусмасем.
С. ШИМАНСКИЙ фотоӳкерчӗкӗ. (ТАСС фотохроники).

### Куйбышев гидроузелне тунӑ ҫӗрте

КОМСОМОЛЬСКИ ПОСЕЛОКӖ, июнӗн 20-мӗшӗ. (ТАСС). Куйбышев гидроузелӗн пӑрахутсем ҫӳремелли системине тӑвас ӗҫ анлӑн сарӑлса пырать. Александр Матросов ячӗпе тӑракан 1001-мӗш номерлӗ земснаряд (начальникӗ Хлюст юлташ) ӗнер ҫӗнӗ вырӑнта ӗҫлеме пуҫланӑ. Земснарядпа Атӑлтан анатри шлюз патне ҫитиччен канав чавнӑ ҫӗрте ӗҫлеҫҫӗ. Ҫак машина экипажӗнче ҫамрӑксем нумай, вӗсем иртнӗ ҫулта пӗве тумалли вырӑнта ҫӗр чавнӑ ҫӗрте чапа тухнӑ. Земснарядпа пӗве тумалли вырӑнта икӗ миллион кубометр тӑпра чавса кӑларнӑ. Атӑлтан анатри шлюз патне каймалли канала чавнӑ ҫӗрте июнь уйӑхӗнче тата икӗ хӑватлӑ земснаряд ӗҫлеме пуҫланӑ.

Канал чавнӑ ҫӗрте кӑҫалхи ҫул 8 миллион кубометр тӑпра чавса кӑларса урӑх вырӑна куҫарса хумалла. Канал чавнӑ ҫӗрте 8 километр тӑршшӗнче ӗҫлеҫҫӗ. Строительсем ҫӗр чавмалли хӑватлӑ техникӑпа уҫӑ кураҫҫӗ.

### Днепр айлӑмӗнче

НОВАЯ КАХОВКА, июнӗн 20-мӗшӗ. (ТАСС). Днепр айлӑмне каймалли ҫулсем ҫинче машинӑсем нумай ҫӳреҫҫӗ. Бетон завочӗсенчен самосвалсемпе кунӗн-ҫӗрӗн бетон турттараҫҫӗ. Самосвалсем бетон пушатмалли кӗпер патне пыраҫҫӗ те тиесе пынӑ бетона пушатса хӑвараҫҫӗ. Пӑрахутсем иртмелли шлюз котлованӗнче бетонран тунӑ блоксем курӑнса лараҫҫӗ. Строительсем кашни сменӑра 250—300 кубометр бетон хурассишӗн ӑмӑртса ӗҫлеҫҫӗ. Василий Демченкопа Василий Шульга бригадисем ӑмӑртура малта пыраҫҫӗ.

Каховка гидроэлектростанцийӗн ҫурчӗ тата ҫиелтен шыв юхса тӑмалли пӗве пулмалли котловансен тӗпне тата айккисене тасатаҫҫӗ. Насус станцийӗ 3 миллион кубометра яхӑн шыв уҫласа кӑларнӑ. Котлован тӗпне тата айккисене тасатнӑ ҫӗрте гидромониторсемпе ӗҫлеҫҫӗ. Шывпа ирӗлтерсе ҫемҫетнӗ тӑпрана землесоссем хӑвӑрт урӑх ҫӗре куҫараҫҫӗ.

### Йывӑҫ вӑррине самолетпа акаҫҫӗ

Кострома, Киров тата Молотов облаҫӗсенче кӑҫал вӑрман ӳстерме йывӑҫ вӑрри акас ӗҫре самолетсемпе усӑ кураҫҫӗ. Архангельск тата Вологда облаҫӗсенче, Коми АССР-ӗнче те йывӑҫ вӑррине самолетсемпе нумай акаҫҫӗ.

Ҫурҫӗр тата Хӗвеланӑҫ-Ҫурҫӗр енчи вӑрмансенче самолетпа йывӑҫ вӑрри акасси кӑҫал, иртнӗ ҫулхипе танлаштарсан, 7 хут ӳсет. 28 пин гектар ҫинче вӑрман ӳстермелле тӑваҫҫӗ. Вӑрман каснӑ вырӑнсенче халиччен начар йывӑҫсем ҫеҫ ӳсе ӳсе ларнӑ. Халӗ ӗнтӗ ҫавӑн пек вырӑнсенче хырпа чӑрӑш ӳстереҫҫӗ. (ТАСС).

**ЧӐВАШ АССР-ӗнчи КОЛХОЗСЕНЧЕ АКНӐ ТЫРПУЛА ПӐХСА ӲСТЕРЕС ТАТА УЯ ТИСЛӖК КӐЛАРАС ӖҪ МӖНЛЕ ПЫНИНЕ КӐТАРТАКАН**

**СВОДКА**

1953 ҫулхи июнӗн 20-мӗшӗ тӗлне (процентпа)

| РАЙОНСЕМ | Пахча ҫимӗҫсене ҫумкурӑксенчен тасатнӑ | Тымарҫимӗҫсене кӑпкалатнӑ | Тислӗк кӑларнӑ |
|---|---|---|---|
| Улатӑр | 10 | — | 20 |
| Элӗк | 24 | 17 | 74 |
| Вӑрнар | 22 | 27 | 105 |
| Йӗпреҫ | 11 | 4 | 49 |
| Ишлей | 9 | 7 | 52 |
| Калинино | 22 | 9 | 73 |
| Канаш | 15 | — | 65 |
| Куславкка | — | — | 34 |
| Комсомольски | 31 | 22 | 68 |
| Красноармейски | 15 | 15 | 93 |
| Хӗрлӗ Чутай | 12 | 12 | 60 |
| Кувакино | — | — | 16 |
| Сӗнтӗрвӑрри | 13 | — | 13 |
| Муркаш | 30 | 24 | 87 |
| Октябрьски | — | — | 58 |
| Первомайски | 33 | 7 | 47 |
| Пӑрачкав | 16 | 2 | 31 |
| Советски | 18 | 7 | 84 |
| Сӗнтӗр | 14 | 4 | 92 |
| Вӑрмар | 37 | 9 | 49 |
| Ҫӗрпӳ | 24 | 22 | 88 |
| Шупашкар | 20 | — | 69 |
| Чкаловски | 24 | 3 | 64 |
| Чурачӑк | 25 | 18 | 79 |
| Шӑмӑршӑ | — | 3 | 25 |
| Шӑхасан | 10 | 36 | 109 |
| Ҫӗмӗрле | 17 | 5 | 55 |
| Етӗрне | 12 | 5 | 61 |
| Елчӗк | 39 | — | 78 |
| Тӑвай | 18 | — | 47 |

### ҪӖНӖ ПРЕСС-СТАНОК

ШӐХАСАН. Пирӗн МТС кунтан-кун ҫӗнӗ машинӑсемпе пуянланса пырать. Кӑҫал «С-4» комбайнсем 10 илсе килнӗ. Халӗ кун пек комбайнсем пирӗн 20 шутланаҫҫӗ.

Ҫӗнӗ комбайнсене пурне те пуҫтарса пӗтернӗ тата 4 комбайна, иртнӗ ҫул ӗҫленисене, юсанӑ. Вӗсем пурте уя тухма хатӗр. Халӗ ытти комбайнсене юсас ӗҫ хӗрӳллӗ пырать. Вӗсене хӑйсем халиччен ӗҫленӗ комбайнерсенех ҫирӗплетсе панӑ.

Комбайнсене юсас ӗҫре ял хуҫалӑх машинисен механикӗ Н. Андреев юлташ пулӑшса пырать. Комбайнерсен коллективӗ комбайнсене вӑхӑтра юсаса пӗтерме обязательство илчӗ. Юсанӑ чухне запаслӑ пайсене перекетлеҫҫӗ. Андреев юлташ пуҫарнипе халӗ ҫӗнӗ пресс-станок тураҫ. Ку станокпа «С-4» комбайнсем валли «стрясная доска» тата «скатная доска» текен запаслӑ пайсене вырӑнтах туса хатӗрлеме май пур.

**Л. ФЕДОРОВ,**
**Шӑхасан МТС-ӗн комбайнерӗ.**

Республикӑри хуласемпе район центрӗсенче

# Комсомольски

1921-мӗш ҫул. Граждан вӑрҫи пӗтменха, выҫлӑх ҫул. Ҫӗршыв пысӑк йывӑрлӑхра. Совет влаҫӗн тӑшманӗсем ҫак йывӑрлӑхпа усӑ курса, халӑх хушшинче пӑлханусем кӑларма хӑтланнӑ. Ҫавӑн пек пӑлхану Ҫӗрпӳ уездӗнчи Аслӑ Кӑҫал вулӑсӗнче те пулнӑ.

Пӗр кунхине Аслӑ Кӑҫалра тӑватӑ комсомолеца тата партире тӑман ҫамрӑк учительницӑна Кречетниковӑна кулаксем тискеррӗн вӗлернӗ.

Партин вырӑнти организацийӗсемпе совет органӗсем тата таврари ялсенчи ӗҫҫыннисем ыйтнипе ССР Союзӗн Верховнӑй Совечӗн Президиумӗ, 1921 ҫулта тӑшмансем вӗлернӗ комсомолецсен ятне ӗмӗрлӗхех асӑнмалла тӑвас майпа, Аслӑ Кӑҫал ял ятне улӑштарса Комсомольски ят памалла тунӑ. Ку вӑл 1939 ҫулта пулнӑ. Унтанпа Комсомольски—район центрӗ.

Район центрӗн ятне улӑштарнӑранпа вунвиҫӗ ҫул кӑна пулсан та, вӑл районти кашни ҫын юратакан ят пулса тӑчӗ, мӗншӗн тесен Комсомольски культура, искусство тата ытти тӗлӗшпе те колхозлӑ кашни яла пример парса тӑрать.

Ҫак вӑхӑтра район центрӗн сӑн-сӑпачӗ ҫултан ҫул улшӑнса илемленсе пычӗ. Комсомольскинчи МТС ҫӗнӗ машинӑсемпе вӑйланса, пуянланса пырать. Кӑҫалхи уй-хир ӗҫӗсенчен 85 процентне тракторсемпе тӑваҫҫӗ. Ирхи тата кӗрхи ҫӗртме тӑвас ӗҫе нумай колхозсенче МТС пурнӑҫлать.

Ҫӗнӗ тракторсен, комбайнсен тата ытти машинӑсен хисепӗ ӳснипе пӗрлех механизаторсен кадрӗсем хӑйсен пӗлӳлӗхне, ӗҫ культурине ӳстерсе пыраҫҫӗ.

Чӑваш АССР Верховнӑй Совечӗн депутачӗ Наумова трактористка тата Ивановпа Хораськин трактористсем, Комсомольски райсовет депутачӗ комбайнерка Самарина тата ыттисем те хӑйсен ӗҫ нормине кашни сменӑра ирттерсе тултарса пыраҫҫӗ. Вӗсем районти механизаторсем хушшинче паллӑ ҫынсем пулса тӑчӗҫ.

Вӑтӑр ҫул каялла Аслӑ Кӑҫалра икӗ класлӑ пуҫламӑш шкул кӑна пулнӑ пулсассӑн, халӗ виҫӗ пысӑк ҫуртра вӑтам шкул вырнаҫнӑ. Унта 700 ачана яхӑн вӗренет, шкулта 50 учитель ӗҫлет.

Комсомольскинчи вӑтам шкултан кашни ҫул вуншар ҫамрӑк вӗренсе тухать.

Совет Союзӗн Геройӗ Антонов юлташ ҫак шкулта вӗреннӗ отличник пулнӑ. Унӑн ячӗпе хисепленсе тӑракан дружинӑри пионерсем Антонов пек отличник пулса вӗренме тӑрӑшаҫҫӗ.

Район пуҫланнӑ ҫулсенче унти тӗрлӗ учрежденисем—больница, клуб тата ыттисем те пӗчӗк ҫуртсенче вырнаҫнӑ. Ҫакӑ, паллах, йӗркеллӗ ӗҫлеме, халӑха медицина пулӑшӑвӗ пама, культурӑллӑ ӗҫе тивӗҫлӗпе туса пыма чӑрмантарнӑ.

Халӗ Кӗтне шывӗн икӗ енӗпе сарӑлса ларакан Комсомольски ҫӗнӗрен туса лартнӑ ҫуртсемпе илемленчӗ. Больницӑпа клуб валли пысӑк ҫуртсем туса лартнӑ. Вӗсем хӑйсен ӗҫне чылай вӑйлатрӗҫ. Клубра 300 ҫын вырнаҫмалӑх зал, кружоксем ӗҫлемелли пӳлӗмсем пур.

Район центрӗнчи вӑйлӑ радиоузел ултӑ ял валли ӗҫлесе тӑрать. Ҫитес икӗ ҫул хушшинче тата ҫичӗ яла ҫыхӑнтарма палӑртнӑ. Район центрӗнчи радиоузел опычӗпе усӑ курса, иртнӗ икӗ ҫул хушшинче районта ҫӗнӗрен виҫӗ радиоузел тунӑ, вӗсем 12 яла ҫыхӑнтараҫҫӗ. Кӑҫал икӗ радиоузел тума тытӑннӑ, ҫитес ҫул тата икӗ радиоузел тусан, районти кашни колхозник ҫуртӗнче, рабочисемпе служащисен хваттерӗсенче радио пулать. Ҫапла вара ҫитес икӗ ҫул хушшинче Комсомольски районӗнчи ӗҫҫыннисем пурте Мускавран, Шупашкартан, Хусантан тата ытти хуласенчен паракан передачӑсене итлеме пултараҫҫӗ.

Ӗлӗкхи Аслӑ Кӑҫалра Ҫӗрпӳ уездӗнчи начальникпе ҫыхӑнма пӗчӗк почта уйрӑмӗнче пӗр телефон аппарачӗ кӑна пулнӑ пулсан, паянхи Комсомольскинче 110 телефон аппарачӗ шутланать. Халӗ районти пур ял Совечӗсем тата 26 колхозран 22-шӗ район центрӗпе телефонпа ҫыхӑннӑ.

Район центрӗ административлӑ учрежденисен ҫурчӗсемпе, коммунальнӑй хваттерсен, суту-илӳ ҫурчӗсемпе, колхозниксемпе служащисем хӑйсем валли лартакан ҫӗнӗ ҫуртсемпе сарӑлса, илемленсе пырать.

Юлашки икӗ ҫул хушшинче кӑна больница, клуб, парти райкомӗн библиотеки, районти библиотека, колхозник ҫурчӗ, коммунальнӑй хваттерсем валли виҫӗ ҫурт туса лартнӑ. Пӗлтӗр парти райкомӗн, районти финанс пайӗн ҫурчӗсене тӗпрен юсаса ҫӗнетнӗ. Кӑҫал ҫӗнӗрен икӗ хваттерлӗ ҫуртсем, суту-илӳ предприятийӗсем тӑватӑ ҫурт тумалла, районти хаҫат редакцийӗн ҫуртне юсаса пысӑклатма палӑртнӑ.

Илемлӗ вырӑнта ларать Комсомольски. Хырлӑ, чӑрӑшлӑ вӑрман хӗррипе тӳлекӗн юхса выртакан Кӗтне шывӗ ял ҫывӑхӗнчен кукӑрланса юхса иртет. Ҫакӑ кунти вырӑна, район центрне татах та илемлетет.

Ӗлӗкхи Аслӑ Кӑҫал витӗр хутран-ситрен кӑна лавсем иртсе ҫӳренӗ. Халӗ Комсомольски витӗр Патӑрьел, Первомайски, Шӑмӑршӑ районӗсене Канаш станцине ҫыхӑнтаракан чул сарнӑ ҫул иртет. Ҫав ҫул тӑрӑх кунӗн-ҫӗрӗн автомашинӑсемпе лавсем иртеҫҫӗ. Калас пулать, 15—16 ҫул каярах тунӑ ҫул хальхи вӑхӑтри автотранспортшӑн юрӑхсӑр. Ҫавна шута илсе, Комсомольски районӗнчи ӗҫҫыннисем виҫҫӗмӗш ҫул ӗнтӗ ҫӗнӗ ҫул тӑваҫҫӗ. Вӑл халичченхинчен чылай сарлакарах пулать.

Район центрӗ ҫултан ҫул сарӑлса, лайӑхланса пыни пирӗн партипе правительство халӑхӑн культурӑпа йӑла ыйтӑвӗсене тивӗҫтерессишӗн куллен тӑрӑшнине кӑтартса парать.

**П. ОСИПОВ,**
**райсовет исполкомӗн председателӗ.**

ӲКЕРЧӖК ҪИНЧӖ: Комсомольски район центрӗнчи Культура ҫурчӗ (сулахайра); больница ҫурчӗ.
Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчӗкӗсем.

## ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

# Шупашкар хулинчи парти активĕн пухăвĕ

Шупашкар хулинчи парти активĕн пухăвĕ пулса иртрĕ. КПСС Чăваш обкомĕн V-мĕш пленумĕн ĕçĕсем çинчен парти обкомĕн секретарĕ Шмаков юлташ доклад турĕ.

Докладчикпа прение тухса калакан юлташсем КПСС хула комитечĕ, партин XIX-мĕш съездĕ йышăннă решенисене пурнăçласа, кадрсене суйласа илес, ĕçе вырнаçтарас тата вĕсене воспитани парас тĕлĕшпе туна хăшпĕр ÿсĕмсене палăртрĕç. Анчах та, пĕтĕмĕшпе илсен, КПСС хула комитечĕпе пуçламăш парторганизацисем, предприятисемпе учрежденисен руководителĕсем кадрсене суйласа илсе ĕçе вырнаçтарас тата вĕсене воспитани парас енĕпе çителĕксĕр ĕçлеççĕ.

Партипе совет тата хуçалăх ĕçĕсене ертсе пыма кадрсем лартнă чухне парти принципне кирлĕ пек пурнăçласа пымаççĕ. Çавна пула та ĕнтĕ хăшпĕр чухне ертсе пырас ĕçе политика тĕлĕшĕнчен шанчăкран тухнă çынсем лекеççĕ. Парти активĕн пухăвĕ çакна палăртрĕ: хулари парторганизацин XIV-мĕш конференцийĕ пулса иртнĕ хыççăнхи тапхăрта КПСС хула комитечĕн номенклатурине кĕрекен 498 работникрен 135 çын улшăннă. 1952 çулта хулари 202 пуçламăш парторганизаци секретарĕсенчен 106 çын улшăннă, кăçал 206 секретарьтен 59 секретаре улăштарнă.

Çавăн пекех ертсе пыракан ĕçе уйăрса лартма резерв тăвасси те çителĕксĕр пулса пырать.

КПСС хула комитечĕпе пуçламăш парторганизацисем, предприятисемпе учрежденисен руководителĕсем кадрсене тÿрĕ кăмăллă пулма, çитменлĕхсемпе килĕшмелле мар, партипе государство дисциплинине çирĕп тытса пыма воспитани парас тĕлĕшпе те çителĕксĕр ĕçлеççĕ. Çак çитменлĕх хăшпĕр работниксем ĕç çине ответсăррăн пăхасси патне илсе пырать. Уйрăм работниксем ĕçри пысăк вырăнпа хăйсен интересĕсемшĕн ытларах усă курма пăхаççĕ, социализмла пурлăха упрама тăрăшмаççĕ. Актив пухăвĕнче тухса калакан юлташсем уйрăм работниксем хăйсене хăйсем киревсĕррĕн тыткаланине сивлерĕç. Сăмахран, «Родина» кинотеатр директорĕнче ĕçленĕ Перлов ĕçкĕ-çикĕпе явăçса кайнă, йăла тĕлĕшĕнчен сĕмсĕрле ĕçсем тунă. Ăна çавăншăн парти ретĕнчен кăларнă, ĕçрен хăтарнă. Çавăн пек киревсĕр ĕçсемшĕнех Шупашкарти энерготехникумăн директорĕ пулнă Годяева та ĕçрен хăтарнă, парти ретĕнчен те кăларнă. Кун пек тĕслĕхсем тата та пулкаланă.

Уйрăмах промышленноçпа транспорт тата строительство организацийĕсенче кадрсемпе ĕçлесси начар пырать. Актив партин хула комитечĕ хуçалăх кадрĕсене воспитани парас тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçленине палăртрĕ. Промышленность предприятийĕсемпе транспорт ĕçĕнчи специалистсемпе кадрсен квалификацине ÿстерес енĕпе хула комитечĕ хăйĕн пуçарулăхне палăртмасть, пичет, наука, культурăпа искусство ĕçĕсенче ĕçлеме кадрсем суйласа илсе вĕсене воспитани парас тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлет. Партипе совет тата хуçалăх органĕсене ертсе пырас ĕçе хĕрарăмсене уйăрса лартас, çамрăк кадрсене ÿстерес ĕçе сÿрĕккĕн туса пыни те КПСС хула комитечĕн çитменлĕхĕ пулса тăрать.

Хăшпĕр предприятисен (Чăвашторгăн Атăл леш енчи уйрăмĕ, «Чăвашвăрман» тресчĕ, «Заготскот» кантурĕ, «Маслопромăн» строительство кантурĕ) руководителĕсемпе пуçламăш парторганизацисем бюрократизмпа волокитăна хирĕç кĕрешмеççĕ, ĕççыннисен жалобисемпе ыйтăвĕсене тивĕçтермелле тăвассишĕн, работниксене кирлĕ таран воспитани парассишĕн, вĕсен пĕлĕвне квалификацине ÿстерессишĕн тăрăшмаççĕ.

Профсоюзпа комсомол организацийĕсем валли ертсе пыракан кадрсем суйласа илес, çав кадрсене воспитани парас ĕçре уйрăмах пысăк çитменлĕхсем пур. КПСС хула комитечĕпе пуçламăш парторганизацисем тата ВЛКСМ хула комитечĕ кадрсене час-часах васкаса, тĕрĕслемесĕр ĕçе лартаççĕ, лайăх ĕçлекен профсоюз тата комсомол организацийĕсен опытне кирлĕ таран сармаççĕ. Профсоюз организацийĕсенче кадрсем тăтăшах улшăнса тăраççĕ. 1952 çулхи январьтен пуçласа паянхи куна фабрикăсемпе заводсен тата вырăнти комитетсен председателĕсем пулса ĕçлекен 303 çынтан 99 çынна улăштарнă.

Парти активĕн пухăвĕ кадрсене идейăпа политика тĕлĕшĕнчен воспитани парас ĕçре пысăк çитменлĕхсем пуррине палăртрĕ. Хăшпĕр политшкулсемпе кружоксенче занятисене идейăпа теори тĕлĕшĕнчен çителĕксĕр пусăмра ирттереççĕ. Чылай çĕрте кадрсем марксизм-ленинизм теорине харпăр хăй тĕллĕн мĕнле вĕреннипе сахал интересленеççĕ, хуçалăх кадрĕсен экономикăлла пĕлĕвне ÿстерессишĕн кирлĕ пек тăрăшмаççĕ.

Актив пухăвĕ кунпа пĕрлех тырпул пухса кĕртме хатĕрленес, ялхуçалăх продукчĕсем хатĕрлеме тытăнас ĕçри çитменлĕхсене палăртрĕ.

Шмаков юлташ докладĕ тăрăх прение Китах (электроаппаратура завочĕ), Афанасьев («Легпромстрой» тресчĕ), Вишнев (кинопрокат кантурĕ), Алфер (ВЛКСМ хула комитечĕ) Васякова (художество училищи), Сиванаева (республика больници), Павлов (лента тĕртекен фабрика), Никитин (КПСС хула комитечĕ) тата ытти юлташсем, пурĕ 12 çын тухса каларĕ.

Парти активĕн пухăвĕ КПСС Чăваш обкомĕн V-мĕш пленумĕ йышăннă решенисене ырларĕ, хулари парторганизацире кадрсене суйласа илсе ĕçе вырнаçтарас тата вĕсене воспитани парас ĕçе лайăхлатмалли майсене палăртрĕ.

### Агитаторсен семинарĕ

Шупашкарти электроаппаратура заводĕнчи агитаторсен семинарĕ пулса иртрĕ. Семинарта «Совет заемĕсен социализм строительствинчи пĕлтерĕшĕ» ятлă тема тăрăх ĕççыннисем хушшинче калаçусем ирттересси çинчен сÿтсе яврĕç.

Халĕ заводри агитаторсем цехсенче тата ытти участоксенче ĕçлекен рабочисем хушшинче калаçусемпе докладсем ирттереççĕ, ĕççыннисене совет заемĕсем çинчен ăнлантарса параççĕ.

# Кадрсемпе ĕçлессине тĕпренех лайăхлатмалла

ÇĔРПУ. Партин районти активĕн пухăвĕ КПСС Чăваш обкомĕн V-мĕш пленумĕн решенийĕсем тата вĕсене пурнăçа кĕртмелли мерăсем çинчен сÿтсе яврĕ.

Райком секретарĕ Д. Кирпичев юлташ, обком пленумĕн ĕçĕпе тĕплĕн паллаштарса, районти парти, совет тата хуçалăх организацийĕсенче ертсе пыракан кадрсене суйласа илес, вырăна лартас тата воспитани парас ĕç мĕнле пыни çинчен каларĕ. Çавăн пекех вăл МТС-па колхозсем кăçалхи çуракине мĕнле ирттерни çинчен, тырпул пухса кĕртес, ялхуçалăх продукчĕсем хатĕрлес тĕлĕшпе умра тăракан задачăсем çинчен чарăнса тăчĕ.

Хуçалăхпа культура строительстви планĕсене пурнăçлас енĕпе Çĕрпÿ районĕ нумай вăхăт хушши юлса пырать ĕнтĕ. Государствăран пысăк пулăшу илессĕ пулин те, чылай колхозсем организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен тĕрĕкленсе çитеймесçĕ, çĕрĕç тата выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕç культурине хăпартаймасçĕ, обществăлла хуçалăхран тупăш сахал илесçĕ.

Вырăнти промышленность предприятийĕсен ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур. Вĕсенчен чылайăшĕ производство планĕсене тăтăшах тултармаççĕ, продукци ассортиментне ÿстермеççĕ, пахалăхне лайăхлатмаççĕ. «Перламутр» промартельпе, су заводĕнче ертсе пыракан работниксем преступленилле ĕçсем тунă, государствăна улталанă, артельпе завод укçи-тенкине нумай çаратнă.

Çав çитменлĕхсем районти парторганизацире ертсе пыракан кадрсене суйласа илес, вĕсене вырăна лартас тата воспитани парас ĕç тивĕçлĕ шайра тăманнинчен килнĕ. КПСС райкомĕ ертсе пыракан кадрсемпе ĕçлессине партин XIX-мĕш съездĕн решенийĕсем хушнă пек çĕнетсе улăштарайман-ха.

Райкомпа унăн пайĕсем кадрсене сăнаса вĕренес тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлеççĕ. Çавăн пирки ĕнтĕ парти, совет тата хуçалăх ĕçĕнче ертсе пыракан вырăнсене кадрсем уйăрса лартнă чухне парти кăтартса панă принципсене тăтăшах пăсаççĕ.

Кадрсене çиелтен пăхса суйласа илни, çав ĕçре йăнăшсем туни кадрсем тăтăшах улшăнса тăрасси патне илсе пыраççĕ. Çĕрпÿ районĕнче 1952 çулта тата кăçалхи 5 уйăх хушшинче 58 пуçламăш парторганизаци секретарĕ, 20 колхоз председателĕ, советпа хуçалăх ĕçĕнче ертсе пыракан работниксем 24 çын улшăннă.

Ертсе пыракан кадрсем çавнашкал йышлăн улшăнса тăни чухне хуçалăхпа культура строительствине аталантарас, государство задачийĕсене пурнăçлас ĕçре татăклă улшăну пуласси çинчен кĕтме питĕ хĕн.

Çапах та кадрсене суйласа илес тата воспитани парас ĕçри çитменлĕхсемпе йăнăшсене пĕтерес ыйту райком секретарĕн Кирпичев юлташăн докладĕнче те тĕп вырăн йышăнаймарĕ. Вăл райкомпа унăн пайĕсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене тĕплĕн анализ туса параймарĕ. Вара доклад тăрăх тухса калакан ответлă работниксем те, хăйсем ертсе пыракан учрежденисемпе организацисенче кадрсемпе мĕнле ĕçлени çинчен сăмах чĕнмесĕр, хуçалăхпа уйрăм ĕçсем çинчен çеç калама тытăнчĕç.

МТС начар ĕçлени çинчен асăнмасăр пĕр пуху та, канашлу та иртмест. Кăçал та вăл çураки планне мĕнпур ĕçсем енĕпе тултараймарĕ, халĕ тырпул пухса кĕртме те çителĕксĕр хатĕрленет. МТС дирекцийĕпе партбюро механизаторсемпе специалистсен кадрĕсене тĕреклетес, вĕсене партипе государство дисциплинине тÿррĕн пăхăнма воспитани парас тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлеççĕ.

Актив пухăвĕнче МТС директорĕ, райком членĕ Гурьев юлташ тухса каларĕ.

Кадрсене вĕрентсе çитĕнтерес тĕлĕшпе парти панă кăтартусене халĕ уйрăмах КПСС Чăваш обкомĕн V-мĕш пленумĕн решенийĕсене МТС-ри парторганизацире мĕнле пурнăçласси çинчен Гурьев юлташ пĕр сăмах та хускатмарĕ.

— Кадрсене тĕрĕс суйласа илес ыйту пирĕн районшăн уйрăмах пысăк вырăн йышăнать,—терĕ райисполком председателĕ П. Степанов юлташ.

Вăл çаплах-ха. Кунта чи малтан райисполком пайĕсен, ял Совечĕсен ертсе пырас ĕçĕн шайĕ паянхи задачăсен çÿллĕшĕнче пулайманни çинчен калас пулать. Вырăнти Советсенчи кадрсен составне тĕреклетес тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлеççĕ.

Партин XIX-мĕш съездĕн решенийĕсем Советсен ĕçне тĕпренех лайăхлатма, хуçалăхпа культура строительствине ертсе пырас ĕçре вĕсен рольне малалла ÿстерме хушаççĕ. Степанов юлташ Советсенчи кадрсемпе ĕçлес ыйту пирки çиелтен каласа хăварнипе çеç иртерчĕ, райисполком пайĕсен ĕçне тишкĕрсе тухмарĕ.

Райисполкомăн ытти работникĕсем Степанов юлташран пример илчĕç курăнать. Ялпа колхозсенчи строительство пайĕн заведующийĕн Григорьев юлташăн сăмахĕ—колхозсенче выльăх-чĕрлĕх витисем мĕнле тумалли çинчен вĕрентекен инструкци еверлĕ пулса тăчĕ. Ку пайри работниксем хăйсен идейăлла шайне, ĕçри квалификацине ÿстерме, çавăн пекех колхозсенчи строительсен кадрĕсене вĕрентсе хатĕрлеме мĕнле тăрăшни çинчен пĕр сăмах та каламарĕ.

Апат-çимĕç комбиначĕн директорĕ Алексеев юлташ çеç райкомпа райисполкома районти предприятисемпе суту-илÿ организацийĕсенчи ертсе пыракан кадрсемпе сахал ĕçленĕшĕн, сĕнĕрен кадрсем уйăрса лартнă чухне партилле принциплăха пăснăшăн критиклерĕ.

— Райком секретарĕ Чернов юлташ ку районта çулталăк ытла ĕçлет, анчах вăл манпа пĕр-икĕ уйăх каярах çеç паллашрĕ,—тет Алексеев юлташ.—Райисполком председателĕн заместителĕ Кузьмин юлташ пирĕн комбината ура ярса та пусмасть.

Алексеев тата Федоров юлташсем райпотребсоюз системинче кадрсем суйласа илес ĕçре пысăк çитменлĕхсем пуррине палăртрĕç.

Райпотребсоюз правленийĕн председателĕ Софонов юлташ актив пухăвĕнче урăхла позици тытрĕ. Ăна критиклерĕç, пысăк çитменлĕхĕсене кăтартса пачĕç. Анчах вăл тухса калама, суту-илÿ организацийĕсен ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе потребсоюзри коммунистсем мĕнле ĕçлени çинчен пĕлтерме шутламарĕ.

Кадрсене суйласа илсе ĕçе тĕрĕс вырнаçтарасси — организацилле руководствăн паха принципĕ пулса тăрать. КПСС Çĕрпÿ райкомĕн кадрсене суйласа илес, вырăна лартас тата воспитани парас ĕçе тĕпрен лайăхлатмалла, пуçламăш парторганизацисене кадрсемпе куллен тата чăтăмлăн ĕçлеме вĕрентмелле.

Н. ВОЛКОВ.
(Хамăр корр.).

*Хаçатсене пăхса тухни*

# Çитменлĕхсене хăюллăн критиклемелле

«Кирек ĕçе малалла ăнăçлăн туса пырас тесен, юрăхсăр явленисене хирĕç татăклăн кĕрешмелле, партин тата мĕнпур совет çыннисен тимлĕхне ĕçри çитменлĕхсене пĕтерес çине илмелле, çавна тума самокритикăна, уйрăмах аялтан килекен критикăна анлăн вăйлатса пырас пулать»,—терĕ Г. М. Маленков юлташ партин XIX-мĕш съездĕнче.

Критикăна самокритикăна сарас ĕçре пирĕн пичет пысăк вырăн йышăнса тăрать. Ĕçри çитĕнÿсене анлăн сутатнипе, малта пыракансен опытне пĕтĕçтерес сарнипе пĕр вăхăтрах хаçатсен партипе государство дисциплинине пăсакансене сивĕччĕн тата хăюллăн критиклемелле, çитменлĕхсене пĕтерме, кая юлса пыракансене малта пыракансемпе танлашма пулăшмалла. Çак тивĕçе чылай район хаçачĕсем кирлĕ пек пурнăçласа пымасçĕ-ха.

Икĕ уйăх каярах КПСС Тăвай райкомĕн пленумĕ районти «Сталин ялавĕ» хаçат колхозсен, МТС-ăн тата районти организацисемпе учрежденисен ĕçĕнчи çитменлĕхсене çиелтен критикленине, вăл уйрăммăнах ялхуçалăх артелĕн Уставне пăсакансемпе çителĕксĕр кĕрешнине палăртрĕ.

Калас пулать, «Сталин ялавĕ» хаçат редакцийĕ пленумра пулнă критикăран тивĕçлĕ выводсем туман. Хаçат çав-çавах «шăлсăр» тухать, унăн страницисенче ĕçри çитменлĕхсене хăюллăн тата сивĕччĕн критиклекен, юлса пынин сăлтавĕсене тарăннăн уçса кăтартакан статьясем пачах та курма çук.

Партин XIX-мĕш съездĕ социализмла ялхуçалăхне малалла хăватлăн аталантарас тĕлĕшпе кăларса тăратнă задачăсене пурнăçласси районта çителĕклĕ пулса пырать, тесе калама çук-ха. Чылай колхозсем уй-хир ĕçĕсенче юлса пыраççĕ, агротехника хушнисене пăсаççĕ. Анчах та хаçат ĕçри çитменлĕхсен сăлтавне тарăннăн уçса кăтартмасть.

«Колхоз руководителĕсем маларах çĕр «писсе çитмен-ха, нÿрлĕрех», тесе вырăнтан хускалмарĕç, халь, вара, тем сăлтавпа ĕçе пикенсе тытăнмаççĕ, пĕлме йывăр»,—

тесе çырать хаçат майăн 5-мĕшĕнче тухнă номерте çураки тапхăрĕнче япăх ĕçленĕ «Горьковская Коммуна» колхоз çинчен.

«Пĕлме йывăр!» Хаçат хăй критиклекен кашни çитменлĕхĕн сăлтавне лайăх пĕлме, çав сăлтавсене тарăннăн уçса палăртма, çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе мĕн тума кирлине усăмлăн кăтартса пама тивĕçлĕ.

Апрелĕн 19-мĕшĕнче пичетленнĕ «Ялхуçалăх артелĕн Уставне пăсма памалла мар» статья та пĕррремĕш йĕркерен пуçласа вĕçне çитиччен йĕркесĕрлĕхсем çинчен калакан фактсенчен тăрать.

Çитменлĕхсем çинчен асăнса кăна кайпе, анчах та вĕсен сăлтавĕсене тарăннăн уçса кăтарманни пушă сăмах çаптарнипе пĕрех пулнине редакци работникĕсем асра тытмалла пулнă.

Çитменлĕхсене сивĕччĕн, нимĕн хăрамасăр критиклени кирлĕ.

Районта тырпул пухса кĕртме хатĕрленес ĕç сÿрĕккĕн пулса пырать. МТС комбайнсемпе молотилкăсене юсамалли плана июнĕн 20-мĕшĕ тĕлне 21—25 процент кăна тултарнă. Çакă хаçата нимĕн чухлĕ те хумхантармасть.

Парти пире ĕçре чăрмантарса пыракан çынсене, камне-мĕнне пăхмасăр, критиклеме хушать. «Сталин ялавĕ» районти организацисен руководителĕсене критиклеме именет, вĕсен айăпне час-часах колхоз председателĕсемпе колхозниксем е ытти «пĕчĕк» çынсем çине йăвантарать. Май уйăхĕн вĕçĕнче хаçат Горкин ячĕпе тăракан колхозра механизаторсене лайăх ĕçлеме условисем туса паманнине палăртрĕ. Куншăн районти ялхуçалăх пайĕ те, МТС дирекцийĕ те, колхоз правленийĕ те айăплă. Анчах та хаçат механизаторсене апат пĕçерсе паракан Ф. Антоновăна кăна критиклет.

Хаçат час-часах партилле критикăн принципĕсене пăсать, юрăхсăр явленисен сăлтавĕсене тĕплĕн уçса кăтартас вырăнне, ытларах шавлама юратать. Акă мĕн çырать вăл «Звезда» колхоз председателĕ çинчен:

«Урам варрипе виç-тăват çын носилка йăтса пире хирĕç килеççĕ. Носилка çинче ĕçсе ним пĕлми пулнă «Звезда» колхоз председателĕ выртса пырать. Ăна колхозниксем хĕрсе çураки пынă вăхăтра куç умĕнче тарăхтарса ан выртăр тесе килне кайса тăкма шут тытнă».

Тата тепĕр тĕслĕх: Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз кладовщикĕ, «ялан ÿсĕр çÿрекенскер», «Вăта шывĕ варринче, мăй таранăш шывра бух-бух бухлеттерсе сывласа» тепĕр çыран еннелле пыни çинчен хаçат 23 йĕрке пичетленĕ. Çакнашкал сенсацилле «ÿкерчĕксем» критикăн сивĕчлĕхне мăкатаççĕ кăна.

Критикăлла статьясем пичетлени вăл çитменлĕхсене пĕтерес ĕçĕн пуçламăшĕ кăна. Палăртнă йĕркесĕрлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе тивĕçлĕ органсем мĕнле мерăсем йышăннине, çав мерăсене пурнăçа мĕнле кĕртсе пынине хаçатăн хăйĕн вулаканĕсене тăтăшах пĕлтерсе тăмалла. Анчах та «Сталин ялавĕ» критикăн результачĕсемпе интересленмест.

КПСС райкомĕ хаçата лайăхлатас тĕлĕшпе хăй йышăннă решенисем мĕнле пурнăçланса пынипе çителĕксĕр интересленет. Кăçал райком бюровĕ хаçатра пичетленнĕ критикăлла материалсенчен пĕрне те сÿтсе яман.

Хаçатăн критикăлла статьясен витĕмлĕхĕшĕн, палăртнă çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтерессишĕн активлăн кĕрешмелле, критика çине бюрократла пăхакансене нимĕн шеллемесĕр питлемелле.

### Юлашки почтăран

## Ниме пĕлтермен сводка

Кирек мĕнле ĕçĕн те шучĕ, хисепĕ пур. Пирĕн çĕршывра ĕçĕн шучĕпе пахалăхне кура тÿлеççĕ, çавна курах мухтаççĕ, е хурлаççĕ.

Анчах Вăрмар районĕнчи «Хĕрлĕ ялав» хаçат хăшпĕр чух ĕçĕн шутне йышăнмасть. Вăл унсăрах мухтать, унсăрах хурлать.

Хаçат хăйĕн 46-мĕш номерĕнче «Колхозсенче ĕнесенчен сĕт ытларах суса илессишĕн пыракан социализмла ăмăрту» мĕнле пынине кăтартакан сводка пичетлесе кăларнă. Сводкăра çаксене кăтартнă: йышăнакан вырăн, колхозсем, колхозсен председателĕсем. Анчах унта чи кирлине—кашни ĕнерен миçе литр сĕт суса илнине—кăтартман.

Сводкăра кăтартнă тăрăх, пĕррремĕш вырăна «Большевик» колхоз, чи кайри, 27-мĕш вырăна «Пионер» колхоз йышăннă. Ыттисем вара вĕсем хушшине вырнаçнă.

Çапах та вулакансем пĕлесшĕн: хаçат колхозсене çав вырăнсем тăрăх мĕне кура вырнаçтарса тухнă-ши?

# Совет заемĕсем

Пирĕн çĕршыври халăхсем, Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви ертсе пынипе, хуçалăхпа культура строительствинче çулсеренех çĕнĕрен те çĕнĕ çитĕнÿсем тăваççĕ. Халăх хуçалăхне малалла аталантарма бюджетран укçа-тенкĕ парса тăрас ĕçре заем саркипе кĕрекен укçа та пысăк вырăн йышăнать.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съездĕ ССР Союзне 1951—1955 çулсенче аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе директивăсем йышăнчĕ. Çак план СССР халăх хуçалăхне тата та пысăкрах хăвăртлăхсемпе малалла аталантарать, совет халăхĕн пурнăçпа культура шайне нумай ÿстерет. Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана тултарни пирĕн çĕршыв социализмран коммунизма куçмалли çулпа аталанса пырса малалла çĕнĕ пысăк утăм тунине пĕлтерет.

Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план промышленность продукцийĕ туса кăларассине нумай ÿстерме палăртать. Пилĕкçуллăх хушшинче промышленность производстви 70 процента çити ÿсмелле. Уйрăмах металлурги, нефть, çĕр кăмрăк, машинăсем тăвакан промышленноçсем тата йывăр промышленноçăн ытти отраслĕсен туса кăларакан продукци хисепĕ пысăккăн ÿсмелле.

Йывăр промышленноçăн тĕрлĕ отраслĕсем пысăк хăвăртлăхсемпе аталанса пынипе пĕр вăхăтрах çак пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçĕ туса кăларакан продукци хисепĕ те 70 процентран кая мар ÿсмелле. Халăха чи кирлĕ таварсен, уйрăмах çĕр пир-авăр, çăм пир-авăр, сăран ата-пушмак, сахăр, аш-какай, пулă, выльăх çăвĕ, консервăсем тата ытти таварсен туса кăларасси пысăккăн ÿсет.

Социализмла ялхуçалăхĕ туса кăларакан продукци те нумай ÿсмелле. Çавăн пекех мĕнпур ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне, обществăлла выльăх-чĕрлĕх йышне нумайлатнипе пĕрлех унăн тухăçлăхне ÿстермелле. Пилĕкçуллăх хушшинче тĕштырăн пĕтĕм тухăçлăхĕ 40—50 процент, вăл шутран тулă тухăçлăхĕ 55—65 процент, йĕтĕн сÿсĕ—40—50 процент, сахăр кăшманĕ—65—70 процент ÿсмелле. Выльăх-чĕрлĕх продукцийĕ çакăн чухлĕ ÿсмелле: аш-какайпа сало—80—90 процент, сĕт—45—50 процент, çăм—2—2,5 хут.

ССР Союзĕн наци тупăшĕ пилĕкçуллăх хушшинче 60 процентран кая мар ÿсет. Çавна май рабочисемпе служащисен тата хресченсен тупăшĕ нумай пысăкланать.

Капитальнăй строительствăсен пысăк программи пурнăçа кĕрсе пырать. Хуласемпе рабочи поселоксенче пурăнмалли çĕнĕ çуртсем 105 миллион тăваткал метра яхăн тумалла.

Пилĕк çуллăх план тăрăх çакăн пек задача лартнă: республикăсен столицисенче, республикăна пăхăнса тăракан хуласенче тата пысăк промышленноçлă центрсенче çичĕ çул вĕрентес ĕçрен пурне те вăтам пĕлÿ памалла (вунă çул вĕрентмелле) тăвас ĕçе куçмалла. Çакăнпа пĕр вăхăтрах вăтам шкулта политехникăлла вĕренĕве пурнăçлама тытăнмалла тата пур çĕрте те политехникăлла вĕренĕве куçма кирлĕ мероприятисем туса ирттермелле.

Çак пилĕкçуллăхра, халăх хуçалăхĕн интересĕсене тата ĕççыннисен пĕрмай ÿсса пыракан нушисене чи туллин тивĕçтерес тесе, пур йышши транспорта та малалла хăвăрт аталантарма палăртнă.

Çапла ĕнтĕ, пирĕн çĕршывра хуçалăхпа культура строительстви енĕпе çав тери пысăк программа пурнăçа кĕрсе пырать. Çакă вăл акă мĕн çинчен калать: социализмăн пурнăçлă вăйĕ калама çук пысăк. Хуçалăхăн социализмла системи капитализмла системăран малта тăрать. Социализмла система пĕртен пĕр тĕрĕс те çирĕп, пĕрмай малалла аталанса пыракан система пулса тăнине халĕ ĕнтĕ пĕтĕм тĕнче курса тăрать.

Совет Союзĕн экономики мирлĕн аталанса, пĕр чарăнмасăр малалла çĕкленсе пырать. Çак экономика обществăн материальнăй тата культурăлла ыйтăвĕсене туллин тивĕçтерес енĕпе аталанать. Мирлĕн аталанса пыракан совет экономики вăрçă çулĕпе аталанса пыракан капитализмла экономикăна хирĕç тăрать. Капитализмла экономика халăх хуçалăхне милитаризацилесе, ĕççыннисене тискеррĕн эксплуатацилесе тата çаратса капиталистсем валли чи пысăк услам илмелле тăвас енĕпе аталанса пырать.

Хальхи вăхăтра капитализмла çĕршывсен лагерĕнче промышленность туса кăларакан продукциren пысăкрах пайĕ вăрçă валли каять. Унта çар расхочĕсем пĕрмай ÿсеççĕ, халăх массисен пурнăç условийĕсем ытларах та ытларах начарланса пыраççĕ.

Вăрçă валли каякан расходсем вĕçĕмсĕр ÿссе пынă пирки халăхран илекен налогсем пĕрмаях пысăкланса пыраççĕ, халăха куллен кирлĕ таварсен хакĕ тăтăшах ÿсет, ĕççыннисем хăйсене куллен кирлĕ таварсем илесси чакнăçемĕн чакса пырать.

Америкăн Пĕрлешÿллĕ Штачĕсенче халăхран тÿрех илекен налогсен хисепĕ, 1937—1938 çулхипе танлаштарсан, 12 хут ÿснĕ. Англире те çав вăхăтра налогсем 2 хут, Францире—2,6 хут, Италире—1,5 хут ÿснĕ.

1947 çулăн вĕçĕнчен пуçласа 1952 çула çитиччен США-ра çăкăр хакĕ 28 процент, Англире—90 процент, Францире—икĕ хут ытла, аш-какай хакĕ США-ра 26 процент, Англире—35 процент, Францире—88 процент ÿснĕ.

Капитализмла çĕршывсенче ĕçсĕр юлнă çынсен хисепĕ кашни кунах нумайланса пырать. Темиçе вуншар миллион çынсене урама кăларса яраççĕ, кил-суртсăр тăратса хăвараççĕ, выçлăхпа чухăнлăх тытăмне пăрахаççĕ. 1952 çулта США-ра пачах ĕçсĕр тăрса юлнисем 3 миллион çын, кĕске вăхăтлăха кăна ĕç тупма пултаракансем 10 миллион çын пулнă. Пачах ĕçсĕр тăрса юлнă çынсем Италире 2 миллион ытла, Хĕвеланăç Германире 3 миллиона яхăн, Японире—10 миллион. Италипе Хĕвеланăç Германире вăхăтлăха кăна ĕç тупакансем пачах ĕçсĕр тăрса юлнисенчен нумайтарах.

Капитал тапăнса пынине хирĕç, экономикăна милитаризацилесе тата ĕççыннисене эксплуатацилессине пĕрмай вăйлатса пынине хирĕç кĕрешме капитализмла çĕршывсенчи халăхсем йышлăн çĕкленеççĕ. Ĕççыннисем хăйсен интересĕсене, пурнăçне хÿтĕлеççĕ, демократиллĕ правăсемшĕн, пĕтĕм тĕнчере мирлĕ пурнăç туса хурассишĕн кĕрешеççĕ. Миршĕн кĕрешекенсен юхăмĕ сарăлнăçемĕн сарăлса пырать. Çак юхăма хăватлă Совет Союзĕ пуçарса пырать. Пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисем Совет Союзĕ çине пăхаççĕ. Социализмла государство коммунизм строительствинче тунă çитĕнÿсем мĕнпур çĕршывсенчи ĕççыннисене савăнтараççĕ, çав çитĕнÿсем мĕнпур халăхсене миршĕн, демократишĕн тата социализмшăн кĕрешес ĕç çĕнтерессе ĕнентереççĕ.

Партипе правительство ертсе пынипе пирĕн халăх ССР Союзне аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана ăнăçлă тата срокчен тултарассишĕн пĕтĕм хастарлăха палăртса ĕçлет, хуçалăхпа культура строительствинче çĕнĕрен те çĕнĕ çитĕнÿсем тăвать. Ăна пире 1952 çулта—çĕнĕ пилĕкçуллăхăн иккĕмĕш çулĕнче СССР халăх хуçалăхне аталантармалли плана тултарнин итогĕсем те аван кăтартса параççĕ.

Промышленноçпа ялхуçалăх производстви ÿсни совет обществин материальнăй тата культурăлла пурнăç шайне малалла ÿстерме пулăшрĕ. Совет халăхĕн ырлăхĕ çĕкленсе пынине кăтартакан тĕп тĕслĕх вăл—наци тупăшĕ вĕçĕмсĕр ÿссе пыни. 1940 çулпа 1951 çул хушшинче ССР Союзĕн наци тупăшĕ 83 процента çити ÿснĕ. 1952 çулта вăл, 1951 çулхипе танлаштарсан, 11 процент ÿснĕ. Куллен кирлĕ таварсен хакне тăтăшах йÿнетсе пынă пирки ĕççыннисем хăйсене кирлĕ таварсене ытларах туянма пуçларĕç.

1947—1952 çулсем хушшинче апат-çимĕçпе промышленность таварĕсен хакне пилĕк хутчен йÿнетнĕ. 1953 çулхи апрелĕн 1-мĕшĕнче апат-çимĕçпе промышленность таварĕсене ваккăн сутмалли хака çĕнĕрен, вăрçă хыççăнхи вăхăтра улттăмĕш хут йÿнетнĕ. Ваккăн сутмалли таварсен хакне çĕнĕрен йÿнетнипе государствăпа кооперацин суту-илĕвĕ енĕпе кăна ĕççыннисем 46 миллиард тенкĕлĕх усă кураççĕ. Государство сутакан таварсен хакне йÿнетнĕ май колхоз пасарĕнче сутакан таварсен хакĕ йÿнелнĕ. Çавна май ĕççыннисем тата тепĕр 7 миллиард тенкĕлĕх усă кураççĕ. Çапла вара таварсен хакне çĕнĕрен йÿнетнипе ĕççыннисем пĕтĕмпе 53 миллиард тенкĕлĕх усă кураççĕ.

Пирĕн партипе правительство совет халăхĕн пурнăçне лайăхлатассишĕн куллен тăрăшнине çакăнтан та аван куратпăр: культура тăтăшах ÿссе пырать, сывлăха сыхлас ĕç лайăхланать, пурăнмалли çуртсем тăвасси çулсерен вăйланать. 1952 çулта хуласемпе рабочи поселоксенче пурăнмалли çуртсем 27 миллион тăваткал метр тунă. Унсăр пуçне ялсенче 370 пин пурăнмалли çурт туса лартнă.

Кăçал, пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхăн виççĕмĕш çулĕнче, ССР Союзĕн хуçалăхĕпе культура строительствине малалла аталантарас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем тума палăртнă. Çав ĕçсем валли укçа-тенкĕ те сахал мар кирлĕ пулать. Хуçалăхпа культура строительстви валли каякан укçаран 80 процентне ССР Союзĕн государство бюджетне социализмла предприятисемпе организацисем парса тăраççĕ. Халăх хуçалăхне укçа-тенкĕ çителĕклĕ парса тăрас ĕçре ĕççыннисем государство заемĕсене илнипе паракан укçа та хăйне тивĕç вырăн йышăнать.

Совет заемĕсем хуçалăхпа культура строительстви енĕпе партипе правительство туса ирттерекен ĕçсене ăнăçлă пурнăçлама пулăшаççĕ.

Заем илсе пирĕн ĕççыннисем хăйсен перекетленнĕ укçине социализмла Тăван çĕршывăн пуянлăхне ÿстерме, мĕнпур ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатма параççĕ. Совет заемĕсем капитализмла çĕршывсенче кăларакан заемсем пек мар, пачах урăхла. Унта заем сарнипе пухăнакан укçа-тенкĕне çар расхочĕсем валли яраççĕ. Капитализмла çĕршывсенче заем облигацийĕсене шултра банкирсемпе капиталистсем тытса тăраççĕ, вĕсем çав заемсем тăрăх пысăк услам илсе пурăнаççĕ. Капиталистсемпе банкирсем тытса тăракан заем облигацийĕсемшĕн тата вĕсемшĕн пухăнакан процентшăн укçа тÿлеме рабочисемпе хресченсенчен налогсем ÿстерсе илеççĕ.

Совет çĕршывĕнче заем укçи халăх хуçалăхне аталантарма, социализмла производствăна ÿстерме, ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатма каять. Çав вăхăтрах заем облигацийĕсем илнĕ рабочисем, колхозниксем, интеллигенци, мĕнпур ĕççыннисем заемсен выляvĕсем тăрăх пысăк тупăш илеççĕ. Сăмахран, 1945—1952 çулсем хушшинче пирĕн республикăри ĕççыннисем заемсем тăрăх 131 миллион та 596 пин тенкĕ выляса илнĕ, вăл шутран 1952 çулта 20 миллион та 773 пин тенкĕ. Кăçал вара, пилĕк уйăх хушшинче, республикăри ĕççыннисем 12 миллион та 738 пин тенкĕ выляса илнĕ.

Заем илсе государствăна кивçен укçа пани пирĕн аслă çĕршыври кашни ĕççыннин йăлана кĕнĕ чыслă ĕçĕ пулса тăчĕ. Заем илекенсен йышĕ çулсерен ÿсет. Пĕлтĕр, сăмахран, пирĕн республикăра 400 пин çын ытла заем çырăнса илнĕ.

Ленин—Сталин партийĕ ертсе пынипе пирĕн çĕршывра социализмла общество тунă, халĕ совет халăхĕ коммунизм çĕнтерĕвĕ патне шанчăклăн малалла утать. Çакă вăл Коммунистсен партийĕн аслă политики çĕнтерсе пынине кăтартса парать.

# Лайăх çул-йĕршĕн!

**ÇУЛ-ЙĔР СТРОИТЕЛЬСТВИН МĔНЛЕ ПЫНИНЕ КĂТАРТАКАН СВОДКА**

(Июнĕн 20-мĕшĕ тĕлне, процентпа)

| Районсем тата çул участокĕсем | Материал турттарни | Çĕр кун палăни | Чул сарни | Кĕпер туни |
|---|---|---|---|---|
| 1. Шупашкар | 112 | 100 | 73 | 51 |
| 2. Тăвай | 100 | 111 | 45 | 15 |
| 3. Чкаловски | 90 | 85 | 100 | 67 |
| 4. Муркаш | 79 | 87 | 63 | 40 |
| 5. Шăхасан | 71 | 93 | 60 | 52 |
| 6. Элĕк | 62 | 82 | 65 | 26 |
| 7. Первомайски | 96 | 60 | — | 14 |
| 8. Пăрачкав | 71 | 10 | 18 | 61 |
| 9. Калинино | 62 | 76 | — | 9 |
| 10. Советски | 62 | 52 | 20 | — |
| 11. Çĕмĕрле | 59 | 100 | 14 | 59 |
| 12. Йшлей | 57 | 87 | 38 | 30 |
| 13. Улатăр | 55 | 60 | 21 | 22 |
| 14. Комсомольски | 52 | 62 | 72 | 59 |
| 15. Хĕрлĕ Чутай | 52 | 70 | 55 | 27 |
| 16. Канаш | 50 | 26 | 20 | 71 |
| 17. Сĕнтĕрвăрри | 50 | 109 | 3 | 61 |
| 18. Елчĕк | 50 | 87 | — | 51 |
| 19. Октябрьски | 50 | 10 | 18 | 25 |
| 20. Красноармейски | 50 | 33 | 4 | — |
| 21. Чурачăк | 43 | 80 | 15 | — |
| 22. Вăрмар | 36 | 41 | 22 | 87 |
| 23. Етĕрне | 36 | 42 | 10 | 49 |
| 24. Çĕрпӳ | 36 | 45 | 12 | 17 |
| 25. Кувакино | 32 | [illegible] | 10 | 21 |
| 26. Йĕпреç | 28 | 23 | — | 10 |
| 27. Шăмăршă | 26 | 26 | — | 20 |
| 28. Вăрнар | 23 | 103 | — | 51 |
| 29. Сĕнтĕр | 23 | 35 | 17 | 57 |
| 30. Куславкка | 21 | 24 | 10 | 13 |
| 243 çул участокĕ | 61 | 81 | 20 | 24 |
| 241 çул участокĕ | 40 | 22 | 12 | 60 |
| 242 çул участокĕ | 49 | — | — | 18 |
| 50-мĕш МДС | 37 | 63 | 36 | 1 |
| 240 çул участокĕ | 22 | 69 | 1 | 23 |

* * *

Шупашкар, Тăвай, Чкаловски, Муркаш тата Шăхасан районĕсенчи колхозниксемпе çул-йĕр работникĕсем, çул-йĕр строительстви планне срокчен тултарассишĕн ăмăртса ĕçлесе, чылай çитĕнӳсем тунă. Ытти хăшпĕр районсенче те колхозниксем ĕçе массăллăн хутшăннă. Анчах, тӳрех калас пулать, республикăра пĕтĕмпе илсен çул-йĕр ĕçĕсем çителĕксĕр хăвăртлăхпа пулса пыраççĕ. Уйрăмах Куславкка, Сĕнтĕр, Шăмăршă, Йĕпреç тата Етĕрне районĕсем юлса пынине палăртмалла. Хăшпĕр районсенче чул сарса çул тума тата чул сарнă кивĕ çулсене юсама, кĕперсем тума пачах тытăнман. Нумай районсенче материалсем хатĕрлес тата турттарас ĕçе япăх йĕркеленĕ.

Çакă вăл чылай районсенчи çул-йĕр пайĕсемпе райисполкомсем колхозниксене тата колхозсен транспортне çул çинче массăллăн ĕçлеме хутшăнтарманнинчен, çул-йĕр работникĕсем нумайăшĕ государство планне вăхăтра тултарассишĕн ответлăх туйманнинчен килет.

Юлашки кунсенче Вăрнар, Çĕрпӳ, Чурачăк, Октябрьски, Красноармейски тата Елчĕк районĕсенче çул çинче ĕçлекенсен хисепĕ чылай чакнă. Çул-йĕр участокĕсемпе Çĕмĕрлери машинăсемпе çул тăвакан станци те (МДС) ĕçе кирлĕ пек организацилемен-ха.

Хăшпĕр колхозсенче утă çулма тытăнчĕç. Тырă вырма тухиччен вăхăт нумай юлмарĕ. Колхозсен уй-хирĕсенче хĕрӳллĕ ĕçсем пуçланиччен кашни районăн, çул-йĕр участокĕн, ял Совечĕн, колхозăн çулсемпе кĕперсене пысăк пахалăхпа юсаса çитермелле. Уйрăмах материалсем хатĕрлес тата турттарас ĕçе хăвăртлатмалла. Чул, хăйăр, грави, шлак тата йывăç çул хĕрринче çителĕклĕ пулсан çулсемпе кĕперсене юсама вăхăт та, ĕç вăйĕ те нумаях кирлĕ мар.

Çул-йĕр тата транспорт хуçалăх управленийĕн юлса пыракан районсене ытларах пулăшмалла, çул-йĕр работникĕсен ответлăхне ӳстермелле. малта пыракан бригадăсен опытне пĕтĕçтерсе сармалла, плана кашни район, участок тăрăх пур кăтартусем тăрăх та тултармалла тума тăрăшмалла.

* * *

## Юлса пынине пĕтерес пулать

Советскипе Етĕрне хушшинчи çулăн халăх хуçалăхĕнчи пĕлтерĕшĕ пысăк. Советски, Элĕк, Муркаш тата Етĕрне районĕсенчи нумай колхозсем çак çул тăрăх çӳлсерен Заготзерно Етĕрнери пунктне, спирт завочĕпе çу заводне тырă, çĕрулми, кантăр вăрри нумай турттараççĕ. Çак çулах Советски районĕн центрне Шупашкарпа тата Горький хулисемпе çыхăнтарать. Советскинчен мăн çула тухма 12,6 километр, вăл шутра 8,5 километрĕ Советски районĕн территорийĕнче.

Советски районĕнче çак çул çинче 1946 çултанпа ĕçлеççĕ. Унтанпа пурĕ 11,1 километр тăршшĕ çул çине чул сарнă, урăхла каласан, пысăк ĕç тунă. Çапла вара кунта тепĕр километр ытларах, Етĕрне районĕнче — çур километр тăршшĕ çул çине чул сарса çитереймен. Çавăн пирки япăх çанталăкра автомашинăсем кунта йĕркеллĕ çӳреймеççĕ.

Советски çул-йĕр пайĕпе райисполком пĕлтĕрех çак çула туса пĕтерме палăртнăччĕ. Анчах çул-йĕр работникĕсем çаврăнăçусăр ĕçленипе тата вĕсен ĕçне райисполкомпа КПСС райкомĕ çителĕксĕр тĕрĕслесе тăнипе пĕлтĕр плана пурнăçлаймарĕç. Кăçал та ĕçе кирлĕ пек йĕркелемен.

Чылай колхозсем ĕçе вăхăтра тытăнман, хăшпĕрисем ячĕшĕн çеç хутшăннă. Çавăнпа район çул çинче ĕçлеме ĕç вăйĕпе турттăм вăйĕ кăлармалли кулленхи графика 30—40 процент çеç пурнăçлать.

Советски районĕ юлашки тăватă çул хушшинче 4,5 километр тăршшĕ чул сарнă çул тата 339 метр тăршшĕ кĕпер планпа палăртнинчен сахалтарах тунă. Пĕлтĕр кĕпер тумалли тата киввисене юсамалли плана 12 процент çеç тултарнă. Ку ĕçе кăçал пачах пуçăнман. Хĕллехи вăхăтра кĕпер тума йывăç пĕр кубометр та касман, халĕ те хатĕрлемеççĕ. Район территорийĕнче Выла, Юрпаш, Мукчаш юханшывсем пур. Выла урлă пĕртен-пĕр кĕпер çеç — Бараниха патĕнче—хывнă. Ытти юханшывсем çинче кĕпер çук. Хутăшри Жданов ячĕпе тăракан колхозпа Советски хушши — сакăр километр. Автомашинăпа каяс пулсан, 40 километра яхăн çаврăнса кайма тивет. Советски патĕнчи Выла енне каякан çул çинчи кĕпер япăх. Апла пулин те ăна юсамаççĕ. Йĕрхкассинчи кĕпере темиçе çул каярах шыв илсе кайнă. Унтанпа çĕнĕ кĕпер туман. Вырăнти Советсен суйлавĕ вăхăтĕнче ĕççыннисем кĕперсене юсама, çĕнĕ кĕперсем ытларах тума наказсем панă. Вăл наказсене çул-йĕр пайĕпе райисполком пурнăçламаççĕ.

Райисполком çирĕплетнĕ план тăрăх, Калинин ячĕпе тăракан колхозăн 800 метр тăршшĕ çул çине чул сармалла. Колхозра чул сарма пĕлекенсем сахал мар. Анчах колхоз председателĕ Белов юлташ государство заданине пурнăçлассишĕн ответлăха туйманнипе чул сарас ĕçе япăх йĕркеленĕ.—Ытти колхозсем чулпа хăйăр турттарса памаççĕ, çавăнпа ĕçе пуçăнаймастпăр, — тесе хăй çинчен ответлăха сирсе яма пăхнă малтанхи вăхăтра Белов юлташ. Çăннипе ун чухнех çур километр тăршшĕ сармалăх материал пулнă.

Райсовет исполкомĕ (председателĕ Гринев юлташ) ял Совечĕсемпе колхоз председателĕсем хушшинче государство дисциплинине çирĕплетме тăрăшмасть. Уйрăм колхозсемпе ял Совечĕсен руководителĕсем çул-йĕр строительствинчен пăрăнса юлма, вĕсемшĕн малта пыракансем ĕçлессе ытларах шанса тăраççĕ. Хрущев ячĕпе, Жданов ячĕпе, Буденный ячĕпе тăракан, «Сталинград», «Восход» колхозсем июнĕн 15-мĕшĕччен пĕр кубометр та чул хатĕрлĕменни çавна пĕлтерет те ĕнтĕ.

Районта малта пыракан колхозсем, паха тĕслĕхсем çук мар. Володарский ячĕпе тăракан колхоз (председателĕ Муравьев юлташ) чулпа хăйăр хатĕрлемелли тата турттарса кăлармалли çулталăкри плана срокчен тултарнă. «Герой», Ленин ячĕпе, Суворов ячĕпе, Карл Маркс ячĕпе, Чкалов ячĕпе тăракан колхозсен членĕсем те хăйсен тивĕçне чыслăн пурнăçласа пыраççĕ, паха çул-йĕр тăвассишĕн вăя шеллемесĕр кĕрешеççĕ. Анчах çул-йĕр пайĕ (заведующийĕ Калитов юлташ) малта пыракан колхозсемпе бригадăсен паха опычĕпе меслетне пĕтĕçтерсе сарма тăрăшмасть.

Çак районти çул-йĕр строительствинчи тепĕр пысăк çитменлĕх вăл — колхозниксем хушшинче массăлла-политикăлла ĕçе йĕркелеменни. Малта пыракан районсенче вулав çурчĕсем, ялти клубсемпе библиотекăсем хăйсен ĕçне вăхăтлăха çул çине куçарнă. Бригадăсенче кăтарту хăмисем тунă, «боевой листоксем», стена хаçачĕсем кăлараççĕ.

Советски районĕнче пачах урăхла: кăтарту хăмисем туман, кам мĕнле ĕçленине, кам малта е кая юлса пынине куллен палăртмаççĕ, бригадăсем хушшинче социализмла ăмăрту организацилемен. Агитаторсем, коммунистсемпе комсомолецсем, ял Совечĕсен депутачĕсем нумайăшĕ çул-йĕр ĕçне хутшăнман. Вĕсем паха çулйĕрĕн халăх хуçалăхĕнчи пĕлтерĕшĕ, Тăвай районĕнчи колхозниксемпе çул-йĕр работникĕсен патриотла пуçарăвĕ çинчен колхозниксене тĕплĕн ăнлантарса памаççĕ.

**П. РУНГШ.**

Ишлей районĕнчи «Знамя труда» колхоз çул тума чул турттармалли плана тултарнă. Чул турттарнă çĕрте куллен 41—42 лавпа ĕçленĕ.
ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: чул пушатаççĕ.
А. КОСТИН фотоӳкерчĕкĕ.

## Вăрлăх хуçалăхĕ хăйĕн задачине пурнăçламасть

Йĕпреç районĕнчи ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕнче колхоз председателĕсем калаçса тăраççĕ.

— Кăçал пирĕн суртырисем ытармалла мар лайăх, — савăнса пĕлтерет пĕри.

— Хăвăрăн вăрлăхăрпа акăрран лайăх пирĕн. Эпир сорта аванлатас тесе «Большевик» колхозран илсе акрăмăр та ăнмарĕ, —тет тепри.

— Пирĕн те вĕсемпе çыхланмалла пулман та çав,—калаçăва хутшăнчĕ «Гвардеец» колхоз председателĕ.—«Большевик» колхоз вăрлăхне илни тем чухлĕ сиен кӳчĕ.

«Большевик» колхоз—районри артельсене тĕштырă вăрлăхĕ хатĕрлесе паракан колхоз. Кăçал «Гвардеец» колхоз «Большевик» артельтен сортлă вăрлăх ылмаштарса илсе акнă. Сортлă вăрлăх илнĕшĕн «Большевик» колхоза укса тӳленĕ, хăйсем илнинчен чылай ытларах тырă панă. Вăрлăха турттарнă çĕрте темиçе кун хушши вуншар лаша, çын ĕçленĕ т. ыт. те. Халĕ, акă, вăл вăрлăх кондицине ларманскер пулни палăрнă.

«Большевик» колхоз хатĕрлекен вăрлăх начар шăтнипе пĕрлех, таса марринe те палăртмалла. Вĕсем ытти артельсене «сортлă вăрлăх» тесе паракан тырă çинче сĕлĕ пуçлă курăк (овсюг) нумай. Вăл халĕ сĕлĕ çинче кăна мар, тулă çинче те пур. Çапла вара вăрлăх хатĕрлекен колхоз хăйĕн тыррипе пĕрле районти ытти колхозсен хирне çумкурăкĕ сарать. Сĕлĕ пуçлă курăк сарăлнă пирки колхозсем хăйсен вăрлăх участокĕнчен пуçтарса илекен тырă та акма юрăхсăра тухать, мĕнпур вăрлăха çĕнĕрен ылмаштарса акмалла пулма пултарать.

Мĕншĕн-ха «Большевик» колхоз темиçе çул хушши ĕнтĕ районти колхозсене кирлĕ таран лайăх вăрлăх хатĕрлесе параймасть?

Вăрлăх хатĕрлекен колхозăн задачи — ытти артельсене лайăх вăрлăх туса парса тырă тухăçне ӳстерме пулăшасси. Вăл хатĕрлесе паракан вăрлăх пĕрчисем шултăра, тутă, тĕрлĕрен чирсемпе çумкурăк вăррисенчен таса пулмалла. Вăрлăх лайăх пултăр тесен агротехникăна пĕр пăрканланмасăр пурнăçламалла. «Большевик» колхозра вара вăрлăха агротехника хушнă пек пăхса ӳстермеççĕ.

Колхозăн ыттисене лайăх вăрлăх парас тесен, малтан хăйĕн хирне пĕрчĕн-пĕрчĕн суйласа ытти культурăсенчен тасатнă вăрлăха акмалла. Колхоз иккĕмĕш класа ларакан вăрлăх акса хăварать. Калчасем ӳснĕ вăхăтра, çум çумланă пекех, ытти культурăсенчен тасатса тăмалла. Анчах колхозра тырпула ытти культурăсенчен çумласа тасатман. Çавна пула тулла та сĕлĕ пуçлă курăкпа хутăштарса янă. Кăçал та кунта лайăх вăрлăх туса илессишĕн тивĕçлипе кĕрешнине курма çук. Колхоз хирĕнчи калчасене çумкурăкĕ пусса илнĕ. Çумкурăкĕ уйрăммăнах сĕлĕ çинче нумай. Апла пулсан та çум çумлама пуçламан-ха. Колхозниксене сĕлĕ пуçлă курăка ытти культурăсен калчинчен уйăрса илме вĕрентмеççĕ. Çапла вара кăçал та çум çумланă вăхăтра сĕлĕ пуçлă курăка çаплипех лартса хăварма пултараççĕ.

Кунта пусă çаврăнăшне те пăсма пуçланă. Иртнĕ çулта кĕрхи çĕртме тумалли вырăна хура çĕртме туса хăварнă. Çавна пула кĕрхи çĕртме тумалли плана тултарайман. Суртырисенчен чылай пайне çуркунне сухаласа акма тивнĕ.

Нумай çул ӳсекен курăк акассине те кăçал тин йĕркелесе янă.

Колхозра агротехникăлла ытти ĕçсене те пурнăçламаççĕ. Уй-хире вырăнти удобренисем кăларса çĕнетмелли плана иртнĕ çулсенче те, кăçал та тултарман. Хире кăларнă тислĕке культиваторпа çемçетсе варăнтарма пуçличчен чылай малтан сарса пăрахса типĕтсе вырттараççĕ. Вăрлăхсене яровизацилемелли плана та тултармаççĕ. Алăпа акнисем те пайтах пулнă. Калчасене апат памаççĕ. Ыраша искусственнăй майпа шăркалантармаççĕ т. ыт. те. Агротехникăна пурнăçламан пирки колхоз çуллен тырă тухăçне ӳстермелли плана пурнăçлаймасть. Сăмахран, пĕлтĕр гектартан 15 центнер тырă туса илмелле пулнă, 10,5 центнер кăна тухнă. Çапла вара «Большевик» колхоз хирĕнче туса илекен вăрлăх пахалăхĕ ытти артельсеннинчен нихăш енĕпе те уйрăлса тăраймасть.

Часах тырпул пиçсе çитет. Колхоз ăна пуçтарса кĕме хатĕрленме пуçламан-ха. Вăрлăх хатĕрлекен хуçалăх пулнă май государство колхоза тĕрлĕрен машинăсем нумай панă. Двигательсемпе сложнăй сортировкăсем те пур. Машинăсенчен пĕрне те юсаса ĕçе юрăхлă туман. Жнейкăсемпе сортировкăсем тата лаша вăйĕпе ĕçлекен молотилкăсем çумăрпа хĕвел айĕнче ларса тутăхса пĕтнĕ. Чылай пайĕсене сухатса пĕтернĕ пирки тĕпренех юсамалла. МТС машинисемпе ĕçлеме те хатĕрленмеççĕ.

Сортлă вăрлăх хуçалăхри ытти тырăпа хутшăнса ан кайтăр тесен, ăна уйрăм итемре çапмалла. Вăрлăх хумалли кĕлет те уйрăм пулмалла. Колхозра вăрлăх çапмалли итемсене хатĕрлеме пуçламан. Çавăн пекех, кĕлетсем те хатĕр мар. Тĕрĕссипе каласан, хăш кĕлете мĕнле вăрлăх хумаллине те пĕлекен çук.

Вăрлăхлăх тырăран чылай пайне МТС комбайнпа вырса парать. Комбайнпа вырнă тырра çийĕнчех лайăх тасатса тата типĕтсе кондицие лартмалла. Мĕншĕн тесен, ыраша вырса çапнă хыççăн часах колхозсем илсе кайса акма пултараççĕ. Колхозăн вăрлăх типĕтмелли вырăн çукпа пĕрех. Райсовет исполкомĕ те вăрлăх типĕтмелли сушилка тума кирлĕ таран строительство материалĕ паман.

Вăрлăх хатĕрлес тĕлĕшпе ĕçлекен колхозсем ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине пăхăнса тăраççĕ. Министерство вĕсен ĕçĕпе сахал интересленет. Районри ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленине МТС та, министерство çине шаннă пирки, колхозри çитменлĕхсене палăртса вăхăтра сирсе яма тăрăшман. Колхозри руководительсем вăрлăх хатĕрлеме пăрахас шухăшпа пурăннă. Çавна пула ĕнтĕ «Большевик» колхоз хăйĕн умне лартнă чыслă задачăна пурнăçлайман.

Крупская ячĕпе тăракан колхоз нумай çул ӳсекен курăк вăрри акса тăвас тĕлĕшпе ĕçлет. Ку колхозра та пысăк çитменлĕхсем пур. Клевер сахал акаççĕ тата ăна вăхăтра пуçтармасăр тăккаласа пĕтереççĕ. Иртнĕ çулсенче ытти колхозсене сутакан кашни килограмм клевер вăрринче вуншар пин ытла çумкурăк пĕрчи пулнă. Кăçал та вăрлăхлăх клевера çумкурăкĕнчен тасатмаççĕ. Районти организацисем колхоза хăйĕн умне лартнă задачăна пурнăçлама пулăшас вырăнне, нумай çул ӳсекен курăк вăррисем туса илес ĕçе урăх колхоза хушасси çинчен ытларах шухăшлаççĕ.

**П. ЩИПЦОВ.**
(Хамăр корр.).

## ХАТĔРЛЕНМЕ ТЫТĂНМАН

Тырпул пухса кĕртмелли вăхăт çывхарать. Калинино районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхозăн кăçал 214 гектар ыраш, 274 гектар çуртрисем вырса пухса кĕртмелле. Анчах колхоз руководителĕсем (правлени председателĕ В. Трофимов) çак пысăк ответлă ĕçе хатĕрленсе тытăнассишĕн питех тăрăшмаççĕ. Жнейкăсене юсама, алăпа ĕçлемелли инвентаре хатĕрлеме пачах тытăнман.

Государствăна тырă пама хатĕрленес енĕпе те нимĕн те тумаççĕ. Автомашина валли горючи хатĕрлемен, транспорт бригади уйăрса çирĕплетмен. Урапасемпе лаша таврашĕсене юсаман.

**В. МИХАЙЛОВ.**

## Хаçат-журнал сарас ĕçе вăйлатмалла

Социализмла государствăн пуй-хăватне ӳстерес, коммунизмла общество тăвас ĕçре хаçат-журнал çав тери пысăк вырăн йышăнса тăрать. Çавăнпа та ĕнтĕ совет çыннисем хаçат-журнал çырăнса илме тăрăшаççĕ. Кун çинчен кăçалхи пĕррĕмĕш кварталти итогсем лайăх кăтартса параççĕ.

Пирĕн республикăри ĕççыннисем кăçалхи пĕррĕмĕш кварталта, иртнĕ çулхи пĕррĕмĕш кварталтипе танлаштарсан, 10 пин экземпляр ытларах хаçат-журнал илсе тăчĕç. Республикăра тухса тăракан хаçат-журналпа ытти литературăна тата районсенчи хаçатсене илсе тăракансен шучĕ кăçал нумай ӳсрĕ. Культурăпа çут-ĕç учрежденийĕсем те ытти çулхисенчен ытларах хаçат-журнал илсе тăраççĕ.

Хăшпĕр ӳсĕмсем пур пулин те пирĕн пĕррĕмĕш кварталти ĕçре çитменлĕхсем те пулчĕç. Республикăри çыхăну кантурĕ, унпа пĕрлех Союзпечать уйрăмĕ те, центрта тата вырăнта тухса тăракан хаçат-журнал тиражĕсене сармалли 1953 çулхи плана тултараймарĕ. Сăмахран, «Колхозное производство», «Достижения науки и передового опыта в сельском хозяйстве», «Агротехсоветы колхозам» журналсене тата «Сельсо» серийĕпе тухса тăракан картотекăна сармалли план тулман. Республикăра тухса тăракан «Коммунизм ялавĕ», «Çамрăк коммунист» хаçатсемпе «Ялав» журнала тата «Тăван Атăл» альманаха сармалли плана та тултарман.

Хальхи вăхăтра кăçалхи иккĕмĕш çурçул валли хаçат-журнал сарас тĕлĕшпе питĕ пысăк ĕç туса ирттермелле пулать.

Ĕççынни массисем хушшинче хаçат-журнал сарас енĕпе чылай районсенче тăрăшса ĕçлеççĕ. Вăрнар, Улатăр, Çĕмĕрле, Чурачăк, Шăхасан тата ытти чылай районсенче иккĕмĕш çурçулта хаçат-журнал сарас ĕçе тума лайăх хатĕрленчĕç. Вăрнар районĕнче, сăмахран, малтанхи кунсенчех иккĕмĕш çурçул валли 600 экземпляр ытла хаçат-журнал çырăнтарнă, çак кĕске вăхăтра Чурачăк районĕнче 792 экземпляр, Улатăр районĕнче 583 экземпляр хаçат-журнал сарнă.

Анчах та, калас пулать, уйрăм районсенче çак кирлĕ ĕçе тивĕçлипе хакламаççĕ. Красноармейски, Калинино, Сĕнтĕрвăрри, Елчĕк районĕсенче 69—96-шар экземпляр çеç хаçат-журнал сарнине çакăнпа кăна ăнлантарса пама пулать. Ишлей тата Пăрачкав районĕсенче ку ĕç тата начартарах пулса пырать.

Асăннă районсенче ĕççыннисем хушшинче массăллă ăнлантару ĕçне кирлĕ пек туса пымаççĕ, çак кирлĕ ĕçсене кабинетра ларнипех пурнăçлама шутлаççĕ пулас. Сăмахран, Ишлей, Шăмăршă, Елчĕк, Калинино, Шупашкар, Йĕпреç тата Пăрачкав районĕсенчи çыхăну кантурĕсен начальникĕсемпе ытти работникĕсем паянхи куна çитсе те ку ыйтупа ялсенче пулса курман.

Вăрнар, Кувакино, Тăвай, Çĕрпӳ районĕсенче хаçат-журнал сарас тĕлĕшпе ĕçлекен пунктсем çĕнĕрен нумай организацилерĕç. Анчах та Ишлей, Шăмăршă, Сĕнтĕрвăрри тата ытти хăшпĕр районсенче ку ĕçе тума шутламарĕç. Нумай районсенче хаçат-журнал сарас тĕлĕшпе ĕçлекен работниксем уйăрни те ĕçре пысăк пулăшу пачĕ. Етĕрне районĕнче, сăмахран, хаçат-журнал сарас тĕлĕшпе ĕçлекен работниксем 32 çын, Вăрнар районĕнче 51 çын, Тăвайпа Чурачăк районĕсенче те нумай çынсем уйăрнă. Анчах уйрăм районсенче çак ĕçе те хакламарĕç. Сăмахран, Ишлей районĕнче ку тĕлĕшпе ĕçлеме пурĕ те 4 çын кăна уйăрнă. Паллах ĕнтĕ, кун пек вăйпа нумаях ĕç тăваймăн.

Районсенчи çыхăну кантурĕсен çак кирлĕ ĕç çине ытларах çаврăнса пăхас пулать.

**И. ДМИТРИЕВ,**
Союзпечатĕн республикăри уйрăмĕн начальникĕ.

*Çĕнĕ пилĕкçуллăхри стахановецсем*

# КОЛЕСОВ МЕСЛЕЧĔПЕ

Ирхи смена ĕçе тытăнман-ха. Станок çине таяннă токарь заводра тухса тăракан «Стахановец» хаçата вулама тытăнчĕ. Вуланăçемĕн ытларах та ытларах интересленсе пычĕ вăл. Хаçат Вăтам Атăл тăрăхĕнчи станоксем тăвакан заводри новатор Василий Колесов çырнă статьяна пичетлесе кăларнă. Вăл хăйĕн çĕнĕ ĕç меслечĕ—метала пысăк хăвăртлăхпа касасси çинчен каласа кăтартать.

Сăмах хыççăн сăмах, йĕрке хыççăн йĕрке. Акă, статьяна вуласа пĕтернĕ ĕнтĕ. Унăн куçĕсене тинкерсе пăхсан, вăл хавхаланса хĕпĕртени сисĕнет.— Вуншар пин станочниксен ĕмĕчĕ пурнăçа кĕчĕ,— шухăшларĕ токарь.— Метала таранрах илсе касма май шыраса тупнă.— Иван Михайлович Любаев хаçата типтерлĕн хуçлатрĕ те цех кантурне кĕчĕ.

— Василий Михайлович, хаçатăн паянхи номерне пăхса тухрăр-и? — савăнса ыйтрĕ Любаев ремонтно-механически цех начальникĕнчен Еремин юлташран.

Начальник хаçата вуласа тухни çинчен пĕлтерчĕ.

— Эпĕ те тытăнса пăхас тетĕп ку çĕнĕ ĕçе,— терĕ токарь.—Ăна пурнăçа кĕртме пирĕн те майсем пур. Станок та çав маркăллиех. Колесов тӳрех çапла çирĕплетсе калать-çке-ха: метала çĕнĕлле касма кирлĕ резеца квалификациллĕ кашни токарех туса хатĕрлеме пултарать; мотор хăвачĕ çителĕклĕ пулсан, унпа кирек мĕнле токарнăй станок çинче те усă курма пулать.

— Ырă ĕç, Иван Михайлович,— ответлерĕ начальник, — Çирĕм çул станок умĕнче тăрса эсир заводшăн сахал мар паха ĕçсем тунă. Тытăнăр, ыттисем сирĕнтен пример илччĕр...

Халĕ кĕскен те пулин иртнĕ çулсенчи ĕçсене аса илĕпĕр.

Токарь Иван Михайлович Любаев Улатăрти пăравуссем юсакан заводра çĕннишĕн кĕрешекен, ĕç тухăçлăхне ӳстерме тăрăшакан паллă рабочисенчен пĕри шутланать. Вăл çĕршыври новаторсен опытне яланах тимлĕн сăнаса пырать, вырăнти условисене шута илсе, вĕсене производствăна кĕртме тăрăшать.

Темиçе çул каялла Иван Михайлович Любаев заводра чи малтан Сталинла премий лауреачĕсен—Борткевичпа Быков токарьсен примерĕпе ĕçлеме тытăннă, метала хăвăрт меслетпе касса якатма пуçланă. Инженерсем пулăшнипе станокăн шпинделĕне хăвăртрах çаврăнтарма расчетсем тунă, хăватлăрах мотор вырнаçтарса лартнă, станока çирĕпрех никĕс çине вырнаçтарнă. Çак улшăнусене кĕртнĕ хыççăн ĕç тухăçлăхĕ ӳснĕ, анчах токарь малалла пăхнă, çĕнĕ майсем шыранă.

— Станок, резец пулăшнипе детальсене темиçе хут хăвăртрах туса кăларни питĕ аван, анчах та кунпах чарăнса лармалла мар,— тесе шухăшланă токарь.— Машина ĕçлекен усăллă вăхăта ӳстерни, тĕп ĕçе тума пулăшакан операцисен вăхăтне чакарса пыни кирлĕ. Кашни изделие туса кăларма кирлĕ операцисене чакарни тата метала хăвăрт касни сменăри производство заданийĕсене татах та ӳстерме пулăшассĕ.

Халиччен тискисем валли валсем тата винтсем туса хатĕрленĕ чухне пулăшуллă операцисене вăхăт чылай кайнă. Çирĕп тытăнса тăтăр тесе, деталĕн икĕ вĕçне те хытарса лартма, унтан детале тĕрĕслесе пăхма станока темиçе хут чарма тивнĕ.

Тĕплĕнрех тĕрĕслесе пăхнă хыççăн Любаев çав детальсене çăмăлрах майпа касса якатмалли меслет шыраса тупнă. Детале вăл халĕ пĕр вĕçĕнчен кăна хытарса лартать, тепĕр вĕçне патрон шпинделĕн ăшне кĕртсе вырнаçтарать, чĕтреннине пĕтерес шутпа варринчен люнетпа тыттарать. Çапла вара, производство операцийĕсем чакаççĕ, вала е винта халĕ Любаев тăватă сехетре, тепĕр майлă каласан, нормăпа пăхнинчен 6 сехет маларах туса хатĕрлет.

Метала хăвăрт касмалли меслетпе усă курса тата ку тĕлĕшпе хăй сĕннĕ çĕнĕлĕхсене пурнăçласа, Любаев токарь вăрçă хыççăнхи пилĕк çулхи ĕç нормине икĕ çул çурăра тултарнă.

Акă халĕ те çавăн пекех пулса тухрĕ. Ĕçе хавхаланса тытăнма юрататакан токарь вăхăта пĕрре те ахаль ирттерме шутламарĕ. Вăл Еремин юлташпа пĕрле Колесов новаторăн статьине тепĕр хут вуласа тухрĕ, çырса кăтартнă пек резец тума чертеж хатĕрлерĕ.

Тепĕр кунне Иван Михайлович цеха смена пуçланиччен нумай малтан килчĕ. Ăна Колесов меслечĕпе ĕçлеме тытăнас шухăш-кăмăл канăç памасть.

Токарнăй станок çинче метала касса якатас ĕç деталь çаврăннипе тата ăна хирĕç резец çаврăннă май пулса пырать. Ахаль чухне токарнăй станоксен резецĕсем 0,2—0,5-шер миллиметр хулăмăш илеççĕ.

Ĕнер тунă чертеж тăрăх Иван Михайлович, новатор Колесов кăтартса панă геометрине шута илсе, резец хатĕрлеме тытăнчĕ. Ку резец ахаль резецран çакăнпа уйрăлса тăрать: унăн касакан хĕррийĕн сарлакăшĕ 3,5 миллиметр шутланать тата унăн çирĕп металран шăратса тунă пластинка пур. Резецăн касакан хăяккисем пурĕ виççĕ. Айккăн вырнаçтарнă хăякки туса хатĕрлемелли детале касса кĕртет, металăн çиелти сийне илсе пăрахать. Иккĕмĕш хăякки металăн ытти пайне илсе пырать, вăл деталь çийĕн пĕр тикĕс вырнаçăнса тăрать. Метала çав хăяк касса илнĕ хыççăн питĕ яка сий пулса юлать. Резецăн виççĕмĕш хăякĕ малтан асăннă икĕ хăяка пĕрлештерет, вăл резецăн вĕçне касса тухасран сыхлать. Стружкăна юри тунă канавкăна пăрса ярать.

Çавăн пек резец тунă хыççăн Иван Михайлович ĕçе тытăнчĕ. Ун станокĕ таврa цехри рабочисем пуçтарăнса тăчĕç, ытти цехри токарьсем те килнĕ. Резеца шаларах ярса металл касса якатас ĕçе пăравуссем юсакан заводра малтан пуçăнаканăн опытне пурте тимлĕн сăнаса тăраççĕ.

Акă, Любаев токарь рубильнике пусрĕ. Çил-тăман пек, куçа курăнсми пекех шпиндель çаврăнма пуçларĕ, унпа пĕрлех деталь те çаврăнать. Токарь резеца деталь çумне илсе пырать. Хĕрсе кайнă сунках юххи кăна вăркăнса тăрать.

— Пулчĕ те!—терĕ Любаев, детале станокран кăларса.

Деталь алăран ала куçма пуçларĕ.

— Мĕн каламалли пур, питех те таса ĕç,— хаваслански калать пĕри.

— Çийĕ çинче нимле шăкăр-макăр та çук, яп-яка!—теççĕ теприсем.

Деталь, чăнах та, сăн курăнмаллах яка, çиççе кăна тăрать. Малтанхи опыт кĕтнинчен те ăнăçлăрах пулчĕ иккен.

— Мĕн чухлĕ вăхăт кирлĕ пулчĕ?— ыйтрĕ курма килнисенчен пĕри.

— Ăна та тĕрĕслесе пăхăпăр,—терĕ инженер-технолог Николай Григорьевич Толока.—Иван Михайлович, вырнаçтарăр иккĕмĕш детале.

Станок каллех ĕçре. Çынсем лайăххăн курса юлма та ĕлкĕреймерĕç,—вăл чарăнчĕ те. Деталь хатĕр.

— Ултă секунда!—терĕ инженер-технолог.—Ахаль чухнехинчен çичĕ хут хăвăртрах.

Колесов меслечĕпе ĕçлесе, Иван Михайлович Любаев малтанхи кун тăватă сменăри нормăна тултарчĕ. Вăл резеца 1,6 миллиметр таранăш илтерсе пычĕ, тепĕр майлă каласан, вăл халичченхинчен 5 хут ытларах пулать. Майĕпен Любаев резеца 3,5 миллиметр таранăш илекен туса ĕçлеттерме хăнăхса çитрĕ. Çапла вара, вăл детальсене çичĕ хут, хăшпĕр чухне 12 хут таран хăвăртрах касса якатакан пулчĕ.

Детальсене Колесов меслечĕпе касса якатас тĕлĕшпе Любаев хăйĕн творчествăлла ăс-хакăлне кăтартрĕ.

— Деталь çинчен пĕр вăхăтрах стружка илсе пыракан лаптăка ӳстерни калама та çук лайăх,—тет Иван Михайлович.—Анчах ĕç тухăçлăхне ӳстермелли майсем татах та нумай, вĕсене шыраса тупма пĕлес пулать.

Вăл каллех хăйĕн малтанхи ĕçĕсене аса илчĕ, детальсене тума каякан пулăшуллă ĕçсене чакарма шут тытрĕ. Иван Михайлович тунă резец çавна ăнăçлăн пурнăçлама май парать. Унпала, сăмахран, пысăк вольтлă электролинин крюкĕсем çинче лентăлла резьба туса хатĕрленĕ чухне пĕр вăхăтрах якатма, винт касма тата кирлĕ мар деталь пайне касса пăрахма пулать. Çапла ĕнтĕ, станока виçĕ хут чарма, виçĕ резец улăштарма пачах кирлĕ мар. Деталь тума вара вăхăт виçĕ хут сахалтарах каять.

— Колесов шутласа кăларнă меслет питех те паха,— каласа кăтартать Любаев токарь.— Анчах кунпах чарăнса лармa юрамасть, ĕç тухăçлăхне ӳстерме пирĕн хамăрăн та çĕнĕрен çĕнĕ майсем шырас пулать.

Иван Михайлович Любаев Тăван çĕршывра рабочисемшĕн ырми-канми тăрăшнăшăн чун-чĕререн савăнать. Вăл станок çине ăмсанса пăхать. Хамăр инженерсем, пирĕн пекех рабочисем тунă вĕт ăна,— тесе шутлать вăл хĕпĕртесе.— Вăл мĕн пама пултарнине илесси пирĕн чи чыслă ĕç пулса тăрать.

Хастарлă токарь, мĕнпур рабочисем пекех, партин XIX-мĕш съездĕ йышăннă историлле решенисене, И. В. Сталин юлташăн «СССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă генилле произведенине асра тытса ĕçлет.

Улатăрти пăравуссем юсакан заводра халĕ Колесов меслечĕпе ĕçлекен станочниксем нумай. Сăмахран, çавăн пек çĕнĕлле ĕçлесе Федосеев, Кольсков, Ларюшин т. ыт. те пысăк çитĕнӳсем тăваççĕ.

Çĕнĕ меслете вĕрентес тĕлĕшпе токарьсене инженер-технолог Николай Григорьевич Толока пысăк пулăшу парать. Вăл вĕсем хушшинче ку ыйтупа калаçусем ирттерет, рабочисене консультаци парать.

**А. СМИРНОВ.**

# Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн сессийӗнче

БУДАПЕШТ, июнӗн 20-мӗшӗ. (ТАСС). Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн сессийӗн ӗнерхи ларӑвӗнче тухса каланӑ чухне Чилири обществӑлла деятель полковник Альфредо де Амести Чили халӑхӗ тӗнчери ӗҫсене татса памалли лайӑх меслет калаҫусем ирттерни пулать, тесе шутлани ҫинчен пӗлтернӗ.

Пирӗн ҫӗршыва ултавлӑ ӗҫсем пулӑшнипе ҫар килӗшӗвне хутшӑнтарни пӗтӗм халӑха тарӑхтарса ячӗ, тенӗ де Амести. Ҫак килӗшӳ агресси хӗҫпӑшалӗ пулса тӑрать. Ана миршӗн кӗрешекенсем йышӑнма пултараймаҫҫӗ.

Америкӑри Пӗрлешӳллӗ Штатсен представительници госпожа И. Морган: эпӗ Маккарти Америки ячӗпе мар, Джефферсонпа Поль Робсон Америки ячӗпе, мӗнпур американецсен ячӗпе калатӑп, тенӗ. Вӗсем хӑйсен упӑшкисем, ывӑлӗсем, пиччӗшӗсемпе шӑллӗсем — ытти ҫӗршывсене вӑрҫӑ вӑрҫма кӑларса янӑ Америка салтакӗсем тӑван ҫӗршыва каялла килмелле тӑвассишӗн тӑраҫҫӗ. Ытти ҫӗршывсенчи халӑхсем пирӗн салтаксем вӗсен ҫӗршывӗнче пулнипе килӗшмеҫҫӗ.

Госпожа Морган ҫакӑн ҫинчен аса илтернӗ: Геллап институчӗ пӗлтернӗ тӑрӑх, американецсенчен 80 проценчӗ Корея ыйтӑвне мирлӗ майпа йӗркелессишӗн тӑрать.

США представительници: Америка халӑхӗн ӗҫӗ миршӗн кӗрешекен пӗтӗм тӗнчери халӑхсен ӗҫӗпе пӗрлешрӗ, тесе каланине сесси делегачӗсем хӗрӳллӗн алӑ ҫупса йышӑннӑ.

Трансиордани представителӗ Хамарнэ Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн сессине хӑйӗн халӑхӗ ячӗпе, «никама пӑхӑнманлӑх» панӑ пулсан та политикӑпа экономика тӗлӗшӗнчен пӗтӗмпех ют ҫӗршыв империализмӗн пусмӑрӗнче пурӑнакан тата чрезвычайнӑй законсенчен мӑшкӑл курса пурӑнакан халӑх ячӗпе хӗрӳллӗн саламланӑ.

Чухӑнлӑха, террора, эксплуатацие пӑхмасӑр, ҫар диктатурине пӑхмасӑр эпир империализмӑн вӑрҫӑ планӗсене хирӗҫ хамӑр ҫӗршыва пӗтӗмпех ирӗке кӑлариччен, пӗтӗм тӗнчипе мир туса хуриччен кӗрешме пӑрахмастпӑр, тенӗ вӑл.

Июнӗн 19-мӗшӗнчи каҫхи ларура ҫавӑн пекех Гватемала парламенчӗн депутачӗ Марио Антонио Франко, Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн членӗ Абдерраман Бушам (Алжир), госпожа Юсуф Хельми (Египет) тата ытти ҫӗршывсен представителӗсем тухса каланӑ. Ҫакӑнпа прениссем чарӑннӑ.

Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн бюро членӗ госпожа Бранка Фиальо жюри Тӗнчери мир премийӗсем тата ылтӑн медальсем памалла тӑвасси ҫинчен йышӑннӑ решение сессире ҫирӗплетме тӑратнӑ.

Жюри Мирӗн хисеплӗ премине нацизма хирӗҫ кӗрешсе пуҫне хунӑ Никола Вапцаров поэта — Болгари халӑхӗн геройне памалла тунӑ.

Тӗнчери мир премине ҫавӑн пекех Франци поэтне Поль Элюара мире хӳтӗлес тӗлӗшпе пултарулла ӗҫленӗшӗн, Сурҫӗр Америка ученӑйне У. Э. Б. Дюбуана мире хӳтӗлес тӗлӗшпе ӗҫленӗшӗн, нимӗҫ режиссерӗсене Мартин Гельберга, Курта тата Жанна Штерна «Чӗнмен хӑнасем» ятлӑ фильмшӑн, Исланди романистне Халлдор Лакснесса мир ӗҫӗнче тӑрӑшса литература енӗпе тунӑ ҫитӗнӳсемшӗн, Мексикӑри художник-гравера Лиопольдо Мендеса тата унӑн сотрудникӗсене художествӑлла произведенисемшӗн, Инди писательне Мульк Радис Анандуна миршӗн кӗрешсе ҫырнӑ произведенишӗн панӑ.

Ҫак ултӑ премирен кашни 2.500 пин франк тӑрать.

Жюри решенине сесси пурте пӗр саслӑ пулса йышӑннӑ. Сесси ҫавӑн пекех Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн членӗ Альфредо Верела (Аргентина) жюри йышӗ ҫинчен, Тӗнчери мир премине малашнехи вӑхӑтсенче памалли йӗрке ҫинчен сӗннӗ революцие ырласа йышӑннӑ.

Кун хыҫҫӑн сесси госпожа Эжени Коттон культура енӗпе ӗҫлекен комиссие пама тӑратнӑ сӗнӳсене ырласа йышӑннӑ. Ҫак сӗнӳсенче культурӑлла ҫыхӑнӑва анлӑн туса пыма кирлине, ҫынсем пурте хӑйсен ӗҫ результачӗсем ҫинчен, наука, техника, искусство енӗпе тунӑ ҫитӗнӳсем ҫинчен пӗр-пӗрне пӗлтерсе тӑма кирли ҫинчен каланӑ.

Юлашкинчен ларура Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечне ҫӗнӗрен хушса суйлакан деятельсен списокне ҫирӗплетнӗ. Ҫак списока малтан уйрӑм ҫӗршывсен делегацийӗсем пӑхса тухнӑ. Пӗтӗм тӗнчери Мир Советне 43 ҫӗршывран 131 представитель суйланӑ.

Июнӗн 20-мӗшӗнче кӑнтӑрла Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн сессийӗн юлашки ларӑвӗ пулнӑ.

БУДАПЕШТ, июнӗн 20-мӗшӗ. (ТАСС). Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн сессийӗн юлашки ларӑвӗ паян Япони представителӗ профессор Икуо Ояма председатель пулса ертсе пынипе уҫӑлнӑ. Хӑйӗн кӗске сӑмахӗнче Икуо Ояма Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн хальхи сессийӗн пысӑк пӗлтерӗшӗ ҫинчен каланӑ. Ҫак кунсенче ыйтусене сӳтсе явни калаҫусем ирттермелли принципа мӗнпур ҫӗршывсенче анлӑн йышӑнассине кӑтартрӗ. Бу вӑл мире хӳтӗлес тӗлӗшпе хӑватлӑ кампани сарса яма май парать. Ҫак сесси пӗтӗм тӗнчипе миршӗн кӗрешекенсен юхӑмӗнче малалла пысӑк утӑм туни пулать.

Бельги делегацийӗн членӗ Дассес сӑмах илет. Вӑл Америкӑри Пӗрлешӳллӗ Штатсенче Розенбергсене — упӑшкипе арӑмне — вӗлерни ҫинчен пӗлтерет. Эпир юлашки минутсем ҫитиччен ӗненех, тенӗ вӑл, ырӑ кӑмӑл ҫӗнтерессе шанса пурӑнтӑмӑр. Эпӗ ҫак хурлӑхлӑ хыпар чӗререн хумхантарни ҫинчен каласа пама хал ҫитерейместӗп. Ҫак сӑмахсемпе эпӗ хамӑрӑн пурин шухӑшӗсене палӑртатӑп, тесе шутлатӑп. Розенбергсене вӗлерни пирӗн ответлӑха ӳстерет, пӗтӗм тӗнчери мир принципӗсем ҫӗнтерессишӗн тата вӑйлӑрах кӗрешме хушать.

Дассес пӗлтернине пурте ура ҫине тӑрса итленӗ, Розенбергсене — упӑшкипе арӑмне — асӑнса пӗр минутлӑха пурте шӑп пулнӑ.

Председатель пулса ертсе пыракан Ояма ҫапла каланӑ: ҫак ирсӗр ӗҫ тӗлӗшӗнчен пирӗн позици мӗнле пулни пурне те паллӑ. Пирӗн тарӑху питех те пысӑк. Пирӗн миршӗн тата калаҫусем ирттермелле тӑвассишӗн пӗтӗм вӑя хурса ӗҫлес пулать, хамӑрӑн пӗтӗм тӗнчери ӗҫе тата анлӑрах сарса ярас пулать.

Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн бюро членӗ Габриэль д'Арбусье политика ыйтӑвӗсем тӑрӑх ӗҫленӗ комисси ӗҫӗсем ҫинчен пӗлтернӗ. Мӗнпур сӗнӳсене, уйрӑммӑн каласан, Инди делегацийӗн пуҫлӑхӗ Сохей тӑратнӑ сӗнӗве пӑхса тухнӑ хыҫҫӑн, комисси калаҫусем ирттерессишӗн пӗтӗм тӗнчипе кампани ирттересси ҫинчен декларации проекчӗ ҫырса хатӗрленӗ.

Ҫак документ никӗсне тӑватӑ идея хурать, тенӗ д'Арбусье. Тӗрлӗ системӑсемпе режимсем мирлӗн килӗштерсе пурӑнасси ҫинчен калакан принцип хальхи лару-тӑрура кирлӗ кӑна мар тата пуриншӗн те пулма пултаракан тата усӑллӑ ӗҫ пулса тӑрать. Ҫакӑн пек пӗр-пӗрнипе килӗштерсе мирлӗ пурӑнмалла тӑвасси кирек мӗнле хирӗҫӳсене те калаҫусем ирттернипе татса паниччен килет. Пӗтӗм тӗнчери мир ӗҫне хӑратса тӑракан ыйтусем те пур-ха. Вӗсене мирлӗ майпа калаҫусем ирттернипе татса памалла тӑвас пулать. Юлашкинчен, тӑваттӑмӗш идея вӑл ҫакӑн пек пулать: чылай ҫитӗнӳсем тунӑ пулсан та эпир хамӑрӑн кӗрешӗве вӑйсӑрлатма пултараймастпӑр. Хамӑр кӗрешӗве вӑйсӑрлатни халиччен тунӑ ӗҫсене пӗтерсе лартнӑ пулӗччӗ. д'Арбусье декларации проектне вуласа парать. Ана пурте пӗр шухӑшлӑ пулса ырлаҫҫӗ.

## КАЛАҪУСЕМ ИРТТЕРЕССИШӖН ПӖТӖМ ТӖНЧИПЕ КАМПАНИ ИРТТЕРЕССИ ҪИНЧЕН ЙЫШӐННӐ ДЕКЛАРАЦИ

Юлашки уйӑхсенчи ӗҫсем халӑха ҫакӑн пек шанӑҫ кӳчӗҫ: тӗнчери мӗнпур хирӗҫӳсене мирлӗ майпа йӗркелесе яма пулать.

Халӑхсем ҫакна ӑнланса илеҫҫӗ — сине тӑрса паттӑррӑн кӗрешнипе, вӗсем мир ҫӗнтермелле тума пултараҫҫӗ.

Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗ, Будапештра июнӗн 15-мӗшӗнчен пуҫласа 20-мӗшне ҫитиччен ларусем ирттернӗ хыҫҫӑн, халӑхсене тӗнчери тавлашуллӑ ыйтусене мирлӗ майпа татса парас тӗллевпе калаҫусем пуҫласа ямалла тӑвас тӗлӗшпе хӑйсен пӗтӗм вӑйне хурса кӗрешме чӗнет.

Кашни халӑхӑн хӑйӗн пурнӑҫ йӗркине суйласа илме право пур. Кашни халӑхӑн ытти халӑхсем ирӗклӗн суйласа илнӗ пурнӑҫ йӗркине хисеплес пулать.

Ҫапла ӗнтӗ, тӗрлӗ системӑсем мирлӗн пурӑнма пултарасси пулма пултаракан ӗҫ пулса тӑрать, халӑхсем хушшинчи ҫыхӑнусем вара вӗсемшӗн усӑллӑ пулса тӑраҫҫӗ.

Ҫакӑн пек мирлӗн пурӑнма мӗнпур хирӗҫӳсемпе тавлашусене калаҫусем ирттернипе татса памалла.

Корейӑра ку таранччен калаҫса татӑлнӑ тӑрӑх халех перемири тумалла. Ку вӑл мир ӗҫӗн пуҫламӑшӗ пулмалла. Ҫак ӗҫе малалла тӑсса пыни ҫӗнӗ ҫухатусем, аркатусем, хӗн-хур кӳрет. Ҫавӑн пекех хальхи вӑхӑтра пыракан ытти мӗнпур вӑрҫӑсене те, халӑхсен никама пӑхӑнманлӑхне хирӗҫ тӑвакан агрессиллӗ ӗҫсене те чарса лартмалла. Кирек мӗнле нациллӗ-ирӗклӗх юхӑмне хирӗҫ хӗҫпӑшалпа усӑ курни те пӗтӗм тӗнчери ӗҫсене йывӑрлатса ҫитерекен фактор пулса тӑрать, вӑл вӑрҫӑ вучахӗ туса хума пултарать.

Германи халӑхӗн хӑйӗн кӳршисен хӑрушсӑрлӑхне хӳтӗлесе тата милитаризмпа реваншизма тепӗр хут чӗртсе яма памасӑр пӗрлешме тата наци суверенитечӗ илме право пур.

Японин мирлӗ договорӗ тӑрӑх хӑйӗн нациллӗ суверенитетне туллин илмелле. Ҫак договора интересленекен мӗнпур ҫӗршывсен йышӑнмалла. Азипе Лӑпкӑ океан тӑрӑхӗнчи халӑхсене хӑрушлӑхран хӳтӗлемелле.

Халӑхсем хӑйсен суверенитетне хисеплеттерме пултарсан, хӑйсен пурнӑҫ йӗркине ют ҫӗршывсем хутшӑнассине хирӗҫ кӗрешсен, ҫар базисене тата ют ҫӗршыв ҫарӗсен кирек мӗнле оккупацине те хирӗҫ кӗрешсен, халӑхсен хӑрушсӑрлӑхне тата мире сыхласа хӑварма пулать.

Майӗпен хӑрушсӑрлӑх туса пыни вӑйлӑн хӗҫпӑшалланассине чарса лартма, калаҫусем ирттернипе хӗҫпӑшалсене чакарас ӗҫе тытӑнма тата ку таранччен ҫӗмӗрсе тӑкас тата вилӗм кӳрес ӗҫе кайнӑ ресурссенчен пурин валли те пурнӑҫ шайне тата ытларах ӳстерме кирле хатӗр туса хума пулать.

Мӗнпур ҫӗршывсем хушшинче пӗртанлӑх никӗсӗ ҫинче, пӗр-пӗрне усӑ кӳрес тата пӗр-пӗрне хисеплес никӗс ҫинче экономикӑлла тата культурӑлла ҫыхӑнусем туса хумалла.

Калаҫусем ирттерни пӗтӗм ӗҫе улӑштарӗ. Пӗрлешнӗ Нацисен организацийӗ, вӑл хӑйӗн уставне пӑхӑнса тӑрать пулсан, ҫак калаҫусене ирттерес ӗҫре пулӑшу пама пултарать. Унӑн хӑйӗн ретне хӑйсене ООН-а кӗме ыйтакан мӗнпур государствӑсене илес пулать. Китайӑн Пӗрлешнӗ Нацисен Организацине, ытти нацисем пекех, халӑх суйланӑ правительство ячӗпе кӗмелле.

Ҫаксене пурне те шута илсе, Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗ калаҫусем ирттерессишӗн пӗтӗм тӗнчипе анлӑ кампани ирттерме йышӑнать. Ҫак кампани пынӑ вӑхӑтра халӑхсем организацилӗ тӗрлӗ формӑсемпе государствӑсем хушшинчи мӗнпур хирӗҫӳсемпе мӗнпур тавлашуллӑ ыйтусене мирлӗн татса парассишӗн тӑнине кӑтартса парӗҫ.

Халӑхсем кӑна вӗҫӗмсӗр кӗрешсе калаҫусем ирттермелле тума, килӗшсе пурӑнмалла тума тата мир туса хума пултараҫҫӗ.

* * *

Кун хыҫҫӑн Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн бюро членӗ Эмилио Серени (Итали) тухса каланӑ. Вӑл калаҫусем ирттерессишӗн кампани ирттермелли формӑсемпе майсем ҫинчен сӳтсе явнӑ комисси ӗҫӗсен итогне тунӑ.

Ҫак кампанире усӑ курмалли формӑсемпе кӗрешӳ меслечӗсем ҫинчен каласа, Серени ӑна массӑллӑн сарса ярас пулать, тенӗ. Ҫак кампани миршӗн тата калаҫусем ирттерессишӗн пыракан кӗрешӗве кашни ҫынна хутшӑнтарма май памалла. Кампание ирттермелли пысӑк майсенчен пӗри вӑл, тенӗ Серени, тӗрлӗ обществӑлла организацисен представителӗсем, парламентсемпе правительствӑсен членӗсем патне пирӗн ыйтӑва тӑратма делегацисем ярасси пулать. Ытти кӗрешӳ меслечӗсене кампани пынӑ вӑхӑтра пӗр-пӗрин опычӗпе паллашнӑ тӑрӑх туса хума пулать.

Кӗске вӑхӑтлӑха перерыв пулнӑ хыҫҫӑн, ларӑва ӗҫне д'Астье де ла Вижери председатель пулса ертсе пырать. Вӑл Пьер Кота (Франци) сӑмах парать.

Сесси ӗҫӗсене итог туса, Пьер Кот пирӗн сесси пурне те алӑ панӑ сесси пулать, тенӗ. Пирӗн пӗр ӗмӗт — тӗнчери лару-тӑрӑва ҫӑмӑллатасси, пирӗн пӗр шухӑш — калаҫусем ирттермелле тӑвасси, пирӗн пӗр ӗҫ — мир ӗҫӗ.

Инди делегацийӗн пуҫлӑхӗ Сохей: Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн ҫак сессийӗ пӗтӗм тӗнчери мир фрончӗн ӗҫӗнче малалла утӑм туни пулать, тенӗ. Сохей Инди делегацийӗ уйрӑмах миршӗн калаҫусем ирттерессишӗн кампани пуҫласа яма Инди делегацийӗ тӑратнӑ сӗнӗве Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗ йышӑннӑ пирки кӑмӑллӑ пулни ҫинчен каланӑ.

— Эпир ҫак сӗнӗве акӑ мӗншӗн тӑратрӑмӑр: мире хӳтӗлес тӗлӗшпе Венӑра халӑхсен конгресӗ пулса иртнӗренпе эпир халӑхсен вӑйӗ ӳснине куртӑмӑр.

Юлашкинчен Эммануэль д'Астье де ла Вижери сӑмах илет. Вӑл сессие чӗнсе килнӗ деятельсене Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн сессине хутшӑннӑшӑн, ҫавӑн пекех тата Венгрири организацисемпе вӗсен деятелӗсене ӑшшӑн йышӑнса илнӗшӗн тав тунӑ.

Д'Астье де ла Вижери Воззвани проектне вуласа панӑ. Ана пурте пӗр шухӑшлӑ пулса йышӑннӑ. Воззванире ҫапла каланӑ:

### «ПӖТӖМ ТӖНЧЕРИ МИР СОВЕЧӖ 1953 ҪУЛХИ ИЮНӖН 23-МӖШӖНЧЕ ЙЫШӐННӐ ВОЗЗВАНИ

Аслӑ шанӑҫ ҫуралчӗ. Халӗ кашни ҫын килӗшӳ тума пулнине курать. Юн юхтарассине чарса лартма пулать. Сивӗ вӑрҫа чарса лартма пулать. Ҫак кунсенче эпир халӑхсене савӑнӑҫлӑн хӑйсен правительствисем умне калаҫусем ирттернипе килӗшӳ тӑвасси ҫинчен ыйту тӑратма чӗнетпӗр.

Пирӗн хирӗҫӳсене мирлӗ майпа татса парас тӗлӗшпе кирек хӑш правительство кирек мӗнле пуҫару тунине те йышӑнас пулать. Пирӗн килӗшӳ тӑвассине чӑрмантаракансен е тӑсса пыракансен ӗҫӗсене кансӗрлес пулать.

Мир ҫӗнтерӗвӗ ҫывӑх. Ӑна тӑвасси пирӗнтен килет».

Д'Астье де ла Вижери Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн сессийӗ хупӑннӑ, тесе пӗлтерет.

## РОЗЕНБЕРГСЕНЕ ВӖЛЕРНӖ

НЬЮ-ЙОРК, июнӗн 20-мӗшӗ. (ТАСС). Ӗнер Нью-Йорк вӑхӑтӗпе 20.00 сехетре Синг-Синг тӗрминче Розенбергсене — упӑшкипе арӑмне — вӗлернӗ.

Этель Розенберг хӑйне тата упӑшкине каҫару пама ыйтса ҫырнӑ прошение вӗсене вӗлерес умӗн ҫур сехет маларах Эйзенхауэр пӑхса тухнӑ. Вӑл Розенбергсене каҫармалла туман.

## ПОЛЬШӐПА НОРВЕГИ ХУШШИНЧИ СУТУ-ИЛӲ КИЛӖШӖВӖ

ВАРШАВА, июнӗн 20-мӗшӗ. (ТАСС). Ӗнер Варшавӑра Польша Халӑх Республикипе Норвеги 1953—1954 ҫул валли суту-илӳ ҫинчен тата тӳлевсем ҫинчен килӗшӳ тунӑ.

Польша Норвегирен тимӗр тӑпри, пиритсем, химикали, сельдь тата ытти таварсем илсе тӑрать, Норвегие ҫӗр кӑмрӑкӗ, сахӑр, пир-авӑр таварӗ, химикали тата ыттисем те тӑратать.

## ФРАНЦИРИ ПРАВИТЕЛЬСТВО КРИЗИСӖ

ПАРИЖ, июнӗн 21-мӗшӗ. (ТАСС). Франс Пресс агентстви пӗлтернӗ тӑрӑх, республика президенчӗ правительство туса хума «независимӑй» Антуан Пинее хушнӑ. Пиней июнӗн 22-мӗшӗнче кӑнтӑрла иртсен ответ парать.

# Демократиллӗ Германи Республикин Министрӗсен Совечӗн ларӑвӗ

БЕРЛИН, июнӗн 19-мӗшӗ. (ТАСС). АДН агентстви паян Демократиллӗ Германи Республикин Министрӗсен Совечӗн 1953 ҫулхи июнӗн 19-мӗшӗнче пулса иртнӗ ларӑвӗ ҫинчен премьер-министр сумӗнчи пичет ведомстви пӗлтернине панӑ.

Ҫак пӗлтерӳре кӑтартнӑ тӑрӑх, Министрсен Совечӗ фашистла провокаци пула государство аппарачӗн органӗсен ӗҫӗ вӑхӑтлӑха вӑрахланса юлнине хӑвартрах пӗтермелле тӑвас ӗҫсемпе ҫыхӑнса тӑракан ыйтусене сӳтсе явнӑ. Министрсен Совечӗ ҫакна палӑртать: провокацисем пулнӑ вӑхӑтра мӗнпур государство аппарачӗн сотрудникӗсем дисциплинӑллӑ пулнӑ, государство ӗҫӗсене чӗререн шанса тунӑ. Правительство членӗсем ларура государство аппарачӗн мӗнпур ӗҫӗ малалла лӑпкӑн пулса пыни ҫинчен пӗлтернӗ. Провокацие пула килсе тухнӑ чӑрмавсене пур ҫӗрте те хӑвӑрт пӗтернӗ, мӗнпур тытӑм органӗсем хӑйсен ӗҫне йӗркеллӗ туса пыма пуҫланӑ. Ҫакна май Министрсен Советне пур ҫӗртен те халӑхӑн мӗнпур сийӗсем Демократиллӗ Германи Республикин правительствине шанса тӑни ҫинчен тата халӑх правительство тунӑ ӗҫсене ырлани ҫинчен пӗлтерсе вӗҫӗмсӗр хыпарсем килсе тӑраҫҫӗ.

Министрсен Совечӗн ларӑвне премьер-министр заместителӗ Отто Нушке пырса ҫитнӗ. Ӑна Берлинӑн демократиллӗ секторӗнче фашистла провокаци пынӑ вӑхӑтра вӑйпа Америка секторне тытса кайнӑ. Премьер-министр Министрсен Совечӗ ячӗпе Отто Нушкене чӗререн саламланӑ, вӑл хӗвеланӑҫӗнчи бандитсемпе Штумм полицийӗн аллинче пулнӑ чухне хӑйне паттӑррӑн тытнӑшӑн тав тунӑ.

Министрсен Совечӗ малалла Министрсен Совечӗ 1953 ҫулхи июнӗн 11-мӗшӗнче суту-илӳ, снабжени, социальнӑй обеспечени тата халӑха ялхуҫалӑх продукчӗсем тӑратас тӗлӗшпе йышӑннӑ решенисене пурнӑҫлас ӗҫе хӑвӑртлатас тӗлӗшпе ҫыхӑнса тӑракан чылай ыйтусене пӑхса тухнӑ.

Суту-илӳпе снабжени министрӗ Бах фашистла провокацисемпе йӗркесӗрлӗхе пула правительство йышӑннӑ ӗҫсене пурнӑҫлас тӗлӗшпе пысӑк йывӑрлӑхсем тухса тӑни ҫинчен пӗлтернӗ. Апат-ҫимӗҫ тиенӗ транспорт ҫине тапӑннипе, ҫаратнипе, хӑратнипе, суя хыпарсем сарнипе провокаторсем халӑха апат-ҫимӗҫ тӑратас ӗҫе аркатса яма тӑрӑшнӑ. Ҫакӑн пек ирсӗр ӗҫсем путланса ларнӑ, хӗвеланӑҫӗнчен килнӗ провокаторсем хӗтӗртнипе халӑх сехӗрленсе ӳксе апат-ҫимӗҫ ытлашши нумай илсе юлма хӑтланнине чарса лартнӑ.

Снабженипе суту-илӳ ӗҫне тивӗҫлӗ шайра тытса тӑрас ӗҫре снабженипе суту-илӳ ӗҫӗнче ӗҫлекен рабочисем, служащисем, ремесленниксем, магазин тытакан хуҫасем хӑйсен тивӗҫне ӑнланулла пурнӑҫланӑ. Уйрӑмах демократла хӗрарӑмсен союзӗн членӗсем нумайӑшӗ хӑйсен тивӗҫне чӗререн пурнӑҫланӑ тата государствӑллӑ ӑнланулӑха кӑтартнӑ. Вӗсем хӑйсен ирӗкӗпе снабжени ӗҫне йӗркелеме чӗререн пулӑшнӑ.

Министрсен Совечӗ провокаторсен халӑха хирӗҫле планӗсене путлантарса лартас ӗҫре пулӑшнӑ ҫынсене пурне те тав тӑвать.

Министрсен Совечӗ мӗнпур государствӑпа администраци органӗсем халӑх пурнӑҫӗн условийӗсене хӑвӑртрах ҫӑмӑллатмалла тӑвас тӗлӗшпе Министрсен Совечӗ йышӑннӑ решенисене ҫирӗппӗн тата ӑнланулллӑн пурнӑҫлас тӗлӗшпе пӗтӗм вӑя хурса ӗҫлессине шанса тӑрать.

# Корейӑра перемири ҫинчен пыракан калаҫусем пирки

### Корейӑпа Китай делегацийӗ пӗлтерни

ПЕКИН, июнӗн 20-мӗшӗ. (ТАСС). Синьхуа агентстви Кэсонран ҫапла пӗлтерет:

Корейӑпа Китай делегацийӗ паян ҫакӑн пек пӗлтерӳ пичетлесе кӑларнӑ:

Икӗ енӗн делегацийӗсен пуҫлӑхӗсем тыткӑнри ҫар ҫыннисене репатриаци тӑвасси ҫинчен тӑракан ыйту тӑрӑх калаҫса татӑлнӑранпа пурӗ те 10 кун кӑна иртнӗ пулсан та, перемири ҫинчен килӗшӳ тӑвассипе ҫыхӑнса тӑракан ытти ӗҫсене вӗҫлесе ҫитересси ҫывхарса ҫитнӗ пулсан та, Америка енӗн контролӗнче тӑракан Кӑнтӑр Корея правительствипе ҫарӗ ытла та иртӗхнипе, Америка енӗ пӗлсе тӑнӑ вӑхӑтрах, пирӗн енӗн тыткӑна илнӗ 26 пине яхӑн ҫар ҫыннине «ирӗке кӑларас» сӑлтавпа тытса чарнӑ. Унтан та ытларах, вӗсем тыткӑнри ҫар ҫыннисене Кӑнтӑр Корея ҫарне кӗме хӗтӗртме хатӗр тӑни ҫинчен уҫҫӑн пӗлтернӗ. Ҫапла вара вӗсем хӑйсен тӗллевне пурнӑҫа кӗртессишӗн — тыткӑнри ҫар ҫыннисене вӑйпа тытса чарасшӑн, Корейӑра перемири ҫинчен пыракан калаҫусене путлантарса ларасшӑн.

Корейӑпа Китай делегацийӗ сӗннӗ тӑрӑх делегацисен июнӗн 20-мӗшӗнче пулнӑ пӗрлехи уҫӑ ларӑвӗнче Корейӑпа Китай енӗн делегацийӗн пуҫлӑхӗ генерал Нам Ир Корея халӑх ҫарӗн Верховнӑй командующийӗ маршал Ким Ир Сен тата Китай халӑх добровольцӗсен командующийӗ генерал Пын Дэ-хуэй ООН-ӑн хӗҫпӑшаллӑ вӑйӗсен главнокомандующийӗ генерал Марк Кларк патне июнӗн 19-мӗшӗнче янӑ ҫырӑва вуласа панӑ. Айларах ҫак ҫырӑвӑн пӗтӗм текстне пичетлесе кӑларнӑ.

«Пӗрлешнӗ Нацисен хӗҫпӑшаллӑ вӑйӗсен главнокомандующине генерал Марк Кларка.

Эпир сирӗн енӗн представителӗ генерал Гаррисон 1953 ҫулхи июнӗн 18-мӗшӗнче пирӗн енӗн представителӗ генерал Нам Ир патне янӑ ҫырӑва илтӗмӗр.

Сирӗн енӗ ҫырура ҫапла калать: сирӗн енӗн тыткӑнри ҫар ҫыннисем валли уҫнӑ 5, 6, 7 тата 9-мӗш лагерӗсенче пулнӑ Корея Халӑх ҫарӗн тыткӑнри 25 пин ҫар ҫынни лагерьсенчен «тухса тарнӑ». Ҫакӑ вӑл малтанах туса хатӗрленӗ тата Кӑнтӑр Корея правительствин аслӑ инстанцийӗсенче тӗплӗн ҫураҫтарса вӑрттӑн тунӑ плансене пурнӑҫлани, ҫавӑн пекех тата Кӑнтӑр Корейӑри хурал отрячӗсем пулӑшнипе тата вӗсене урӑх енчен пулӑшнипе пулса тӑнӑ ӗҫ пулать. Кӑнтӑр Корейӑри Ли Сын Ман тыткӑнри ҫак ҫар ҫыннисене унӑн приказӗ тӑрӑх Кӑнтӑр Корейӑри хурал ҫарӗсем «ирӗке кӑларнине» йышӑннӑ.

Вунӑ кун кӑна каялла тыткӑнри ҫар ҫыннисене репатриаци тӑвас ыйту тӑрӑх калаҫса татӑлнӑ. Апла пулсан та сирӗн енӗн контролӗнче тӑракан Кӑнтӑр Корея правительствипе ҫарӗ ҫак килӗшӗве сӗмсӗррӗн пӑсрӗҫ, вӑрттӑн агентсем тата хурал отрячӗсем тыткӑнри 25 пин ҫар ҫыннине, «ирӗке кӑларасси» ҫинчен панӑ приказ тӑрӑх, лагерьсенчен тухса кайма хӗтӗртнӗ. 25 пин ҫынна «ирӗке кӑларни» вӑл тӳрех репатриаци туман тыткӑнри ҫар ҫыннисенчен ҫурри ытла пулать. Ҫак ҫар ҫыннисене вӑйпа тытса чарасси ҫинчен, вӗсене Кӑнтӑр Корея ҫарне кӗме хӗтӗртесси ҫинчен уҫҫӑнах калаҫҫӗ. Тата та ытларах, вӗсем ҫакӑнпа кӑна чарӑнса тӑман. Июнӗн 19-мӗшӗнче тата 1.813 ҫынна тыткӑнрисен лагерӗнчен тухса кайма хӗтӗртнӗ. Ҫавӑнпа та эпир ҫакӑ вӑл ытла та пысӑк киревсӗр ӗҫ пулса тӑрать, тесе шутлатпӑр.

Чылай вӑхӑт хушши ӗнтӗ Кӑнтӑр Корейӑри Ли Сын Ман ушкӑнӗ «Корейӑра перемири тӑвассине хирӗҫ кӗрешме», «ҫурҫӗрелле наступлени тума тата пӗтӗм ҫӗршыва пӗрлештерме», ҫавӑн пекех «репатриацие тӑма «килӗшмен» тыткӑнри корецсене пурне те «ирӗке кӑларма» чӗнет. Ҫакӑн ҫинчен сирӗн енӗ пӗлмесӗр тӑма пултараймасть. Апла пулсан та сирӗн енӗ ҫакӑн пек ӗҫ тума парас мар тата ҫакнашкал ӗҫсене чарса лартас тӗлӗшпе нимӗнле тивӗҫлӗ ӗҫ те туман. Ҫакӑ вӑл акӑ мӗн ҫинчен калать: сирӗн енӗ Ли Сын Ман ушкӑнне хӑйӗн ҫак планне, тыткӑнри ҫар ҫыннисем ҫинчен тунӑ килӗшӗве пӑсмалли тата перемири тӑвассине путлантарса лартмалли планне пурнӑҫлама юри хавхалантарса пынӑ. Ҫакӑн пек ӗҫсемшӗн эсир ответлӑ пулса тӑратӑр, тесе шутлатпӑр эпир.

Пирӗн енӗ тахҫантанпах тата темиҫе хутчен те сире ҫакӑн ҫинчен асӑрхаттарнӑ: сирӗн енӗ пӗрмаях «тыткӑнри ҫар ҫыннисене вӑйпа репатриаци тӑвассине сирсе ямалла» тӑвасси ҫинчен саракан пропаганда вӑл — шухӑшласа кӑларнӑ япала, вӑл кирлӗ мар япала. Пачах урӑхла, тыткӑнри ҫар ҫыннисене вӑйпа тытса чарма тӑрӑшни чӑнах та вӑй илсе тӑрать, вӑл тата пӗрмай ӳссе пырать. Ҫакна хирӗҫ пирӗн енӗ малашне те хытӑн кӗрешӗ. Ли Сын Ман хӗсӗрленипе тыткӑнри ҫар ҫыннисене «ирӗке кӑларни» шӑпах та тыткӑнри ҫар ҫыннисене вӑйпа тытса чарма тӑрӑшнине ҫирӗплетсе паракан факт пулса тӑрать. Ҫакна пирӗн енӗ яланах хирӗҫ пулнӑ. Ҫак ыйту тухса тӑнӑранпа сирӗн енӗ тӑршшӗпех тӗрӗс мар позици тытса пыни тата ҫакӑн пек пулма хавхалантарни ҫакнашкал юрӑхсӑр ӗҫсем килсе тухасси патне илсе ҫитермесӗр тӑма пултарайман. Ҫакӑ вӑл перемири ҫинчен алӑ пусма хатӗрлесе ҫитернӗ килӗшӳ тӑвассине хыттӑн чӑрмантарать.

Ҫакӑнтан тухса тӑракан ӗҫсем уйрӑмах хӑрушӑ пулнине шута илсе, эпир сирӗн умма ҫакӑн пек ыйтусем кӑларса тӑратма тивӗҫлӗ, тесе шутлатпӑр. Пӗрлешнӗ Нацисен хӗҫпӑшаллӑ вӑйӗсен командованийӗ Кӑнтӑр Корея правительствипе ҫарне контроль туса тӑма пултарать-и? Апла мар пулсан, Корейӑри перемири Ли Сын Ман ушкӑнне тивет-и? Тивмест пулсан, перемири ҫинчен тунӑ килӗшӗве Кӑнтӑр Корея пурнӑҫлас пирки мӗнле гаранти пулма пултарать? Тивет пулсан, сирӗн енӗн хальхи вӑхӑтра «ирӗкре пурӑнакан» 25.952 ҫар ҫыннине, урӑхла каласан, «ирӗке кӑларнӑ», вӑйпа тытса чарнӑ тата Кӑнтӑр Корея ҫарне илекен тыткӑнри ҫар ҫыннисене халех каялла тавӑрассишӗн ответлӑ пулмалла тата сирӗн енӗн малашне ҫакнашкал ӗҫсем пулмӗҫ тесе татӑклӑ гаранти памалла.

Эпир сирӗн енӗн ответне кӗтетпӗр.

Корея Халӑх ҫарӗн верховнӑй командующийӗ маршал КИМ ИР СЕН.
Китай халӑх добровольцӗсен командующийӗ генерал ПЫН ДЭ-ХУЭЙ.
1953 ҫулхи июнӗн 19-мӗшӗ.

## ГРЕЦИРЕ БОЕПРИПАССЕН СКЛАЧӖ СИРПӖНСЕ КАЙНӐ

ЛОНДОН, июнӗн 20-мӗшӗ. (ТАСС). Рейтер агентстви Афинӑран ҫапла пӗлтерет: июнӗн 18-мӗшӗнче Волос хулинчи портра боеприпассен склачӗ сирпӗнсе кайнӑ. Пӗр салтак тата пӗр хӗрача вилнӗ, 34 ҫын аманнӑ.

# Корейӑри ӗҫсем

### ХАЛӐХ ҪАРӖН ГЛАВНӐЙ КОМАНДОВАНИЙӖ ПӖЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, июнӗн 20-мӗшӗ. (ТАСС). Демократиллӗ Корея Халӑх Республикин Халӑх ҫарӗн Главнӑй командованийӗ паян ҫапла пӗлтернӗ: Корея Халӑх ҫарӗпе Китай халӑх добровольцӗсен чаҫӗсем Юртон ялӗнчен кӑнтӑр-хӗвелтухӑҫ енче икӗ километрта тӑшмана хирӗҫ хаяррӑн ҫапӑҫнӑ. Тӑшманӑн пӗр полкӗ, 20 самолет ытла пулӑшнипе, халӑх ҫарӗн позицийӗсем ҫине вунӑ хут ытла атака тунӑ. Тӑшман атакисене сирсе пӑрахнӑ.

Ӗнер ҫӗрле Америка сывлӑш-ҫар вӑйӗсен 16 йывӑр бомбардировщикӗ Пхеньян хули ҫине тепӗр хут бомбӑсем пӑрахнӑ. Ачасем, старике ем, хӗрарӑмсем хушшинче вилнисемпе аманнисем пур. 30 ытла землянка ишӗлсе юлнӑ.

Халӑх ҫарӗн зенитнӑй чаҫӗсемпе самолетсене хирӗҫ кӗрешекен салтаксем тӑшманӑн 4 самолетне персе ӳкернӗ, 5 самолетне сиенленӗ.

ПХЕНЬЯН, июнӗн 21-мӗшӗ. (ТАСС). Демократиллӗ Корея Халӑх Республикин Халӑх ҫарӗн Главнӑй командованийӗ июнӗн 21-мӗшӗнче ҫапла пӗлтернӗ:

Иртнӗ кун хушшинче пур фронтсенче те артиллерирен персе ҫапӑҫнӑ. Паллӑ улшӑнусем пулман.

Ӗнер ҫӗрле Америка авиацийӗ тепӗр хут Синьыйчжу тата Намси ҫине хаяррӑн тапӑннӑ. Мирлӗ халӑх хушшинче вилнисемпе аманнисем пур.

Халӑх ҫарӗн зенитнӑй чаҫӗсемпе самолетсене хирӗҫ кӗрешекен салтакӗсем паян тӑшманӑн 3 самолетне персе ӳкернӗ, 2 самолетне сиенленӗ.

## АМЕРИКА АВИАЦИЙӖ ҪУРҪӖР КОРЕЙӐРИ МИРЛӖ ХУЛАСЕМПЕ ЯЛСЕМ ҪИНЕ ҪАПЛАХ ТАПӐНАТЬ

ПХЕНЬЯН, июнӗн 21-мӗшӗ. (ТАСС). Америка авиацийӗ Демократиллӗ Корея Халӑх Республикинчи мирлӗ хуласемпе ялсем ҫине халӗ те ҫаплах хаяррӑн тапӑнать. Корейӑри тӗп телеграф агентстви пӗлтернӗ тӑрӑх, июнӗн 12-мӗшӗнче Америкӑн 110 бомбардировщикӗ Канвон провинцийӗнчи Чхандо уездӗнчи район ҫине тапӑннӑ. Ҫак районти ялсем ҫине бомбӑсем пӑрахнӑ тата пулеметсенчен пенӗ. Июнӗн 16-мӗшӗнче Америка бомбардировщикӗсем Ҫурҫӗр Хамгэн провинцийӗнчи Бурен уездӗнчи ялсем ҫине бомбӑсем нумай пӑрахнӑ. Тепӗр кунне Америкӑн 6 бомбардировщикӗ Кӑнтӑр Хамгэн уездӗнчи Синхын уездӗнчи чылай ялсем ҫине бомбӑсем пӑрахнӑ.

Июнӗн 18-мӗшӗнче США хӗҫпӑшаллӑ вӑйӗсен самолечӗсен ушкӑнӗсем Ҫурҫӗр Пхеӈан провинцийӗнчи Тэчхон тата Кусон водохранилищисем ҫине тапӑннӑ, вӗсем ҫине пурӗ 100 бомба яхӑн пӑрахнӑ. Ҫав кунхинех Америкӑн 4 ҫар карапӗ Вонсан ҫывӑхӗнчи ялсем ҫине артиллерирен пенӗ. Июнӗн 19-мӗшӗнче «вӗҫекен крепость» йышши 12 бомбардировщик Тэчхон водохранилищи ҫине тепӗр хут тапӑннӑ. Пӗвене чылай аркатнӑ тата вырӑнти халӑха пысӑк сиен кӳнӗ.

Америкӑн сывлӑш ҫар вӑйӗсем мирлӗ халӑха хирӗҫ тӑвакан ҫакнашкал тискер ӗҫсем Корея халӑхне чӗререн тарӑхтараҫҫӗ.

# Строительство бригади ӗҫре

КАЛИНИНО. «Волга» колхозри строительство бригадин кӑҫал сысна вити, урапа-суна сарайӗ, конюхсем валли ҫӗнӗ пӳрт тата лаша вити тумалла. Бригада ҫак кунсенче 200 тонна тырӑ вырнаҫмалӑх верхохранилище туса пӗтерчӗ. Халӗ кирпӗчрен лаша вити тӑваҫҫӗ. Ку ӗҫре Н. Анисимов, Н. Кошкин, М. Лаврентьева, П. Александров колхозниксем тӑрӑшса ӗҫлеҫҫӗ.

Вите тунӑ ҫӗре комсомолецсем те активлӑ хутшӑнаҫҫӗ. Х. Кузьмин, А. Беляев, В. Малов, Р. Петрова, В. Анисимов комсомолецсем ӗҫре пример кӑтартаҫҫӗ. Вӗсем строительсем хушшинчи агитациллӗ-массӑлла ӗҫе туса пыраҫҫӗ, хаҫат-журналсем вуласа параҫҫӗ, боевой листоксем кӑлараҫҫӗ.

## ПАЯН «СОВЕТСКАЯ ЧУВАШИЯ» ХАҪАТРА

Совет стройӗн хӑвачӗ («Правда» хаҫатӑн 1953 ҫулхи июнӗн 22-мӗшӗнчи умстатьи).
Уйри тырпула пӑхса ӳстерессипе тата тырпул пухса кӗртме хатӗрленесси.
Патӑрьелӗнче районти юрӑ праҫникне ирттерни ҫинчен.
Шупашкар хулинчи парти активӗн пухӑвӗ.
В. Сергеев.— Вырӑнсӑр шавлани тата лӑпланса ларни (Етӗрне районӗнчи парти активӗн пухӑвӗнчен).
Я. Лукьяненко.— Выльӑх апачӗ хатӗрлеме ҫирӗп никӗс тӑвас ӗҫри пирӗн опыт.
Орденлӑ колхозри ҫӗнӗ стройкӑсем.
Урӑх ҫӗршывсенчен килнӗ информаци.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.



РЕДАКЦИ АДРЕСӖ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителӗ—3-99, ответлӑ секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайӗ—5-74, информаци пайӗ—13-37, парти пурнӑҫ пайӗ—3-04, ялхуҫалӑх пайӗ—3-97, культура пайӗ—8-61, совет строительстви пайӗ—8-61, ҫырусен пайӗ—7-32, издательство кантурӗ—0-23.

НТ 01130 Типография № 1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.